ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Ноябрь 24 ытларикун. № 229 (9138)

Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Ялти халăх хушшинчи культурăлла ĕçе вăйлатассишĕн ытларах тăрăшмалла

Колхоз стройĕ производство никĕсĕсене тата миллионшар хресченсен йăлине тĕпренех улăштарса çĕнетрĕ, совет ялĕнчи мĕнпур ĕçченсем валли пуян та культурăллă пурнăç патне пыма анлă çул уçса пачĕ. Ялсенче культурăпа çутĕç учрежденийĕсем—клубсем, библиотекăсем, вулав çурчĕсем нумай усăнă, кино тата радио совет ялĕн йăлине çирĕп кĕнĕ, кĕнеке миллионшар колхозниксен пурнăçĕнче ялании юлташ пулса тăчĕ.

Анчах ялти халăх хушшинче культурăлла ĕçсем тĕлĕшпе туна çитĕнÿсемпе лăпланса ларни йăнăш тата сиенлĕ пулнă пулĕччĕ Çав çитĕнÿсем чăнах та питĕ пысăк, анчах пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ аталанса пынă май колхозниксен, машина-трактор станцисемпе совхоз работникĕсен культура тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсем тăтăшах ÿссе пырассĕ тата çав ыйтусене тивĕçтерессишĕн тăрăшасси мĕнпур партипе совет организацийĕсен ялании тивĕçĕ пулса тăрать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă хăйĕн постановленийĕнче ялта культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕн шайне çĕклеме, клубсемпе библиотекăсен ĕçне вăйлатма, кинофильмсем йĕркеллĕ кăтартма, ялсене радиофикацилессине вăйлатма тата радиовещани пахалăхне лайăхлатма кирлине палăртрĕ.

Партипе правительство ялхуçалăхне малалла çĕклентермелли питех те пысăк программа туса хатĕрлерĕç тата ăна çине тăрса пурнăçа кĕртсе пыраççĕ. Ялта районсенчи парти организацийĕсем колхозниксен, МТС-семпе совхоз рабочийĕсен йышлă массине ертсе пыма тата вĕсене ялхуçалăхне хăватлăн çĕклентерессишĕн кĕрешме ертсе пыма тивĕçлĕ Çавăнпа та массăсем хушшинче организаторла тата политикăлла ĕçе пур майсемпе те вăйлатмалла. Ялсенчи культурăпа çутĕç учрежденийĕсем—культура çурчĕсем, клубсем, библиотекăсем, вулав çурчĕсем—çак ĕçĕн питех те паллă вырăнĕсем пулса тăраççĕ.

Плес, сăмахран, совет агротехникин çитĕнĕвĕсене пропагандăлассине, малта пыракан колхозсемпе колхозниксен, совхозсемпе машина-трактор станцийĕсен опытне сарассине. Çак ĕçе туса пыма ялсенчи культура çурчĕсемпе клубсемшĕн майсем вĕçĕ-хĕррисĕр пысăк—пуçарулăх кăна, ĕçе чăннипех юратни çеç кирлĕ!

Ученăйăн тата практик-новаторăн лекцийĕ, ялхуçалăх çинчен ÿкернĕ кинофильм кăтартни, лайăх, усăллă кĕнекене пĕрле пухăнса вуласа сÿтсе явни, литература выставки—çак майсемпе тата пропагандăлла ĕçĕн ытти мĕнпур майĕсемпе усă курса ялти клуб е вулав çурчĕ малта пыракан опыта мĕнпур колхозниксем патне çитерме, юлса пыракансене çав опыта вĕренме тата малта пыракансемпе танлашма пулăшма тивĕçлĕ.

Колхозниксен, МТС-семпе совхоз работникĕсен, ялти интеллигенцин культура тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсем шутсăр ÿсрĕç. Ялти ĕçченсем хăйсен клубĕнче çĕнĕ хаçатсемпе журналсем, совет литературин çĕнĕ кĕнекисене тупса вулассшăн, квалификациллĕ лекци итлессшĕн, агрономпа е инженерпа, учительпе е врачпа калаçассшăн, тĕнчери лару-тăрури çĕнĕ событисем çинчен пĕлессшĕн, çĕнĕ пьеса тата кинофильмсем курассшăн, художествăлла пултарулăх кружокĕн ĕçне хутшăнассшăн, радиопа лайăх концертсем итлессшĕн. Çаксем вĕсем законлă тата чи кирлĕ требованисем, вĕсене тивĕçтерме кирлĕ тата тивĕçтермелле те. Апла пулсан та вĕсене ялсенчи пур клубсем те туллин пурнăçламаççĕ.

«Правда» редакцийĕ колхозниксенчен, специалистсенчен, ялти интеллигенцирен çырусем нумай илет. Вĕсем унта ялти культурăпа çутĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен пăшăрханса çыраççĕ. Сăмахран. Лукичев юлташ Вологда облаçĕнчи Бирюков районĕнчи библиотека кивĕ, йăтăнса анма пуçланă çуртра вырнаçни çинчен, клубра сивĕ, пыччăк пулни, чÿрече кантăкĕсене çĕмĕрсе пĕтерни, кантăк вырăнне фанера лартни çинчен çырать. Çавăн пек клуба камăн кĕрес килĕ, унта мĕнле культурăлла кану пулма пултарĕ? Рязань облаçĕнчи Касимов районĕнчи Николаевское ялĕнчи Сенин юлташ тĕрĕс ыйту парать: «Мĕншĕн вара пирĕн ялти çамрăк колхозниксен клубри каçсене курма ют яла каймалла, Николаевскинче мĕншĕн хамăрăн клуб çук?» Акă тата Чăваш АССР-ĕнчи Карапаш ялĕнче клуб та пур, анчах. [illegible] юлташ редакцие çырнă пек, унран [illegible] ... колхозниксем пыраççĕ те, [illegible] ... [illegible].

Çавăнпа [illegible] пур. Пĕрон çакна кăтартса парасшăн: вырăнĕсенчи партипе совет организацийĕсенчен чылайăшĕсем халăха политика енĕпе вĕрентмелли тата коммунизмла воспитани памалли чи кирлĕ майсенчен пĕри пулса тăракан культурăпа çутĕçĕн пĕлтерĕшне хаклаmassĕ.

Çÿлерех Вологда облаçĕнчи хаçат вулаканĕн çырăвне илсе кăтартнă. Фактсем кăтартса панă тăрăх, çав çырура каласа панă ĕçсем Бирюков районĕшĕн кăна мар палăрса тăраççĕ: Вологда облаçĕнчи ялсенчи 767 клубсемпе вулав çурчĕсенчен 527 ял Совечĕсен тăвăр пÿлĕмĕсенче тата уйрăм çынсен пÿрчĕсенче вырнаçнă. Курск облаçĕнчи Волово, Грайворон, Поныров тата ытти чылай районсенче ялти клубсене питех те япăхтарса янă: клубсенче пылчăк, пушă, хĕлле сивĕ. Партин Вологдапа Курск обкомĕсем тата облисполкомĕсем çавнашкал япăх ĕçпе хăçанччен çырлахса пурăнасçĕ, ялти культурăпа çутĕçне ытахальтен çеç тумалли ĕç вырăнне шутлама хăçан пăрахассĕ?

Колхозниксен пысăк йышĕ чĕререн çунса культурăна туртăнать. Партипе совет организацийĕсем çавăн пек туртăнăва пур майсемпе те пулăшма тивĕçлĕ, ялсенчи мĕнпур культурăпа çутĕç учрежденийĕсене лайăх ĕçлемелле тума, çав учрежденисен шутне пĕрмай ÿстерсе пыма тăрăшас пулать. Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх тăрăх панă директивăсенче клубсен шутне 15 процент тата библиотекăсен шутне—30 процент ÿстерме палăртнă. Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен строительстви валли вырăнти бюджетран паракан укçа-тенкĕне вырăнлă тата усăллăрах расходламалла тăвас пулать. Колхозсем хăйсем те пысăк кăмăлпах укçа-тенкĕ чылай уйăрса пама пултараççĕ тата хавасланса уйăрса параççĕ те, мĕншĕн тесен вĕсенчен нумайăшĕсем çавна туma экономика тĕлĕшĕнчен чылай тĕревленнĕ Ĕçе организацилени, пуçарăва çĕклентерни кăна кирлĕ. Анчах, колхозсене пĕрлештерсе пысăклатнă чухне, хăшпĕр çĕрте культура учрежденийĕсен шутне чакарнă, хăшпĕр клубсене, вулав çурчĕсене тата библиотекăсене хупнă. Паллах, çавăн пек ĕçе тÿсме çук: ялти культурăпа çутĕç учрежденийĕсен шутне чакармалла мар, пур майсемпе те нумайлатса пымалла, колхозниксен культура ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтермелле.

Ялти культурăпа çутĕçĕн ăнăçлăхне татса парассинчи чи кирли—вăл вырăнти партипе совет организацийĕсен руководстви. Çак ĕçĕн идейăлла содержанийĕ ялан вĕсен куçĕ умĕнче пулма тивĕçлĕ. Чаплă клуб туса лартма пулать, анчах çав клубри пĕтĕм ĕç пĕр ташăсемпе кăна пулса пырсан, колхозниксем çавăн пек клуба çÿрес çук.

Кашни облаçрах культура вăйĕсем нумай, анчах шел, çав вăйпа пур çĕрте те тĕрĕс усă курмаççĕ. Çакăн пек тума пур майсем те çителĕклĕ: ялсенчи кашни клубра хуласенчен пынă квалификациллĕ лекторсем тĕнчери лару-тăру, хамăр çĕршыври ĕçсем çинчен, агротехника, наука тата ытти темăсем тăрăх лекцисем тучăр, колхоз çыннисем хăйсен клубĕн сцени çинче хуласенчи чи лайăх театрсен спектаклĕсене курччăр. Çав ĕçсене тăвасси облаçсенчи организацисенчен, анчах нумайăшĕсем—союзлă тата республикăсенчи культура министерствисенчен килеççĕ. Ялти халăх хушшинче культурăлла ĕçе анлăн сарас тĕлĕшпе вĕсен те куллен тăрăшмалла.

Ялта культурăпа çутĕçне лайăх йĕркеленĕ тĕслĕхсем пирĕн сахал мар. Литвари «По ленинскому пути» колхозăн хор коллективĕ çинчен Вильнюсран килнĕ çыру çавăн пек тĕслĕхсенчен пĕри пулать. Çавăн пек тĕслĕхсене пур майсемпе те пропагандăламалла, культура ĕçĕнчи энтузиастсене пулăшмалла тата хавхалантарса пымалла, пирĕн аслă халăхăн пуян таланчĕсене тăрăшса çитĕнтермелле. Ялти культурăпа çутĕçне лайăхлатас çĕрте ялти интеллигенципе çамрăксем çав тери пысăк вырăн йышăнма пултараççĕ. Çак чĕрĕ те питĕ кирлĕ ĕçе пуçарса пыракансем, комсомолецсем пулмасан, камăн пулмалла вара!

Ялта культурăпа çутĕç çине пирĕн пичотĕн тимлĕн пăхмалла. Лайăх опыта лайăхрах кăтартса памалла, çитменлĕхсене çивĕчрех критиклемелле тата вĕсене пĕтерме çине тăрса тăрăшмалла. Ялти халăхăн культура ыйтăвĕсем пĕр чарăнмасăр ÿссе пынине тата çав ыйтусене пирĕн тивĕçтерме кирлине ăнланман, нимĕнпе интересленмен, сивĕ чĕреллĕ çынсене тăрă шыв çине кăларса питлемелле.

Пирĕн Тăван çĕршыври халăхсем, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе, ялхуçалăхне хăватлăн çĕклентерессишĕн кĕрешеççĕ. Çак кĕрешÿре ялсенчи культурăпа çутĕç учрежденийĕсем те хăйсен вырăнне йышăнма тивĕçлĕ. Колхозла ялти ĕçченнисен культура шайне ÿстерессишĕн тăрăшасси вырăнсенчи мĕнпур партипе совет организацийĕсен ялании ĕçĕ пулса тăмалла.

(«ПРАВДА» хаçатăн ноябрĕн 23-мĕшĕнчи уместаьи).

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Планран ирттерсе—йывăç

ПИНСК, ноябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Мальковичи станцийĕнчен йывăç тиенĕ черетлĕ эшелон тухса кайнă. Ку вăл — Ганцевичи вăрманпромхозĕ кăçалхи çул планран ирттерсе ăсатнă 20-мĕш эшелон пулнă.

Луниней вăрманпромхозĕнчи рабочисем çулталăкри плана срокчен тултарнă. Кунти Мало-Борски участок коллективĕ ăмăртура малта пырать. Участокри рабочисем пурте нормăна ирттерсе тултараççĕ.

Предприятири вăрман касакансем Конституци кунĕ тĕлне планран ирттерсе 15 пин кубометр йывăç хатĕрлеме пулнă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри тăваттăмĕш çул шучĕпе 18 вагон йывăç ăсатнă.

Кăçал Полесьери вăрман хатĕрлекенсем планран ирттерсе 50 эшелон йывăç тиесе ăсатнă.

## Донбасри хуласенче

СТАЛИНО. Ĕççынни депутачĕсен Сталино область Совечĕн исполкомĕ Макеевка, Жданов тата Енакиево хулисене çĕнетсе лайăхлатмалли плансене çирĕплетнĕ.

10—15 çул хушшинче Макеевкăра пурăнмалли çуртсем 2 миллион тăваткал метр чухлĕ тума палăртнă. Шкулсем, клиникăсем, кинотеатрсем, клубсем, культура âворецĕсем чылай туса лартмалла. Жданов хулинче пурăнмалли çуртсен лаптăкĕ, хальхи вăхăтрипе танлаштарсан, пилĕк хут ÿсет. Енакиево хулинче те пурăнмалли çуртсем пĕр миллион тăваткал метр ытла тумалла.

Плансенче хуласене лайăхлатасине пысăк вырăна хунă. (ТАСС).

## Колхозсене электрификацилеççĕ

ТАЛЛИН. Эстонири ялсенче 100 ялан колхоз электростанцийĕсем ĕçлеççĕ. Вĕсем 300 ытла ялхуçалăх артелĕсене электроэнерги парса тăраççĕ.

Ноябрь уйăхĕн вĕçĕнче Муствески районĕнче темиçе колхоз пĕрлешсе тунă теплоэлектростанци ĕçлеме тытăнать. Камариски тата Палазски гидроэлектростанцисен строительстви вĕçленсе пырать. Вĕсем Пыльтсамааски тата Йыхвиски районĕсенчи мĕнпур колхозсенчи пур ĕçсене те электрификацилеме май параççĕ. (ТАСС).

Каменец-Подольск облаçĕ. Городок районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма лайăх хатĕрленнĕ. Строительство бригади кăçал ĕне вити тата 250 тонна кĕмелĕх силос башни туса пĕтернĕ. Чăх-чĕп вити тата механизациленĕ кормокухня туса пĕтереççĕ.

УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: Хрущев ячĕпе тăракан колхозăн ĕне вити тата силос башни.

В. ПРИХОДЬКО фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Артиллери кунĕ ячĕпе

Ноябрĕн 21-мĕшĕнче Мускавра, Совет Çарĕн Центральнăй театрĕнче, Артиллери кунĕ ячĕпе СССР Оборона Министерствин савăнăçлă ларăвĕ пулнă, ларăва парти, совет, обществăлла организацисен, промышленность работникĕсен представителĕсем те пынă.

Савăнăçлă пухура Артиллери кунĕ çинчен артиллери генерал-полковникĕ Совет Союзĕн Геройĕ В. П. Казаков доклад тунă.

Лару хыççăн спектакль пулнă, Ю. Чепурин çырнă «Весенний поток» ятлă пьесăна лартса панă.

* * *

Ноябрĕн 22-мĕшĕнче Мускаври ĕççыннисем тата столицăри гарнизонри çар чаçĕсенчи воинсем Артиллери кунне савăнăçлăн палăртнă. Предприятисенче, çар чаçĕсенче, çар шкулĕсенче Тăван çĕршыв артиллерийĕн мухтавлă историйĕ çинчен докладсемпе лекцисем тата калаçусем ирттернĕ. Чылай çĕрте Совет Союзĕн Геройĕсемпе—Аслă Отечественнăй вăрçăра чапа тухнă çынсемпе тĕл пулассине организациленĕ.

Клубсемпе офицерсен çурчĕсенче «Ленин в 1918 году», «Сталинградская битва», «Падение Берлина», «Встреча на Эльбе», «Застава в горах» тата ытти кинофильмсем кăтартнă.

Совет Çарĕн Центральнăй музейĕнче Артиллери кунне уявланă кун 5 пин çынна яхăн пулнă.

Çавăн пекех Ленинградра, Киевра, Минскра, Бакура, Эреванре, Фрунзере, çĕршыври тата ытти хуласенче те праçник ячĕпе докладсемпе лекцисем, калаçусем тата тĕлпулусем ирттернĕ.

Каçхине, тĕттĕм пулсан, Мускав тĕлĕнчи пĕлĕте тĕрлĕ тĕслĕ ракетăсем сутатса янă. Çав вăхăтра пирĕн Тăван çĕршыв столици Артиллери кунне палăртса тупăсенчен çирĕм хут пĕр харăс персе салют панă. Союзлă республикăсен столицисенче те праçник ячĕпе салют панă. (ТАСС).

## Райком бюровĕ мичуринец ĕçĕ çинчен

ОХОТСК. Уракскри пулă комбиначĕнчи хушма хуçалăхра ĕçлекен рабочи Мищенко юлташ темиçе çул хушши ĕнтĕ çурçĕрти условисенче пахча çимĕçсемпе улма-çырла культурисем лартса ÿстерет. Мищенко юлташ Охотски тинĕс çыранĕсем тăрăхĕнче пĕрремĕш хут хăяр, помидор, нумай çул хушши ÿсекен сухан ÿстерме пултарнă. Новатор-мичуринецăн сăнавлă участокĕнче хура хурлăхан пиçнĕ, чие йывăççи ÿсет.

Ноябрĕн 19-мĕшĕнче КПСС Охотск райкомĕн бюровĕ Мищенко юлташăн ĕç опытне сÿтсе явнă. Бюро партин пуçламăш организацийĕсене тинĕс çыранĕ тăрăхĕнчи ĕççыннисем хушшинче мичуринецăн опытне анлăн пропагандăлама, рабочисемпе колхозниксене хăйсен пахчисемпе сад пахчисене сарса пырас ĕçре пулăшу пама хушнă. (ТАСС).

## Механизаторсен пысăк ĕç укçи

ПЯТИМОРСК (Сталинград облаçĕ). Механизаторсене ĕçшĕн çĕнĕ йĕркепе тÿлемелле тунă хыççăн трактористсен ĕç укçи нумай ÿснĕ. Советски МТС-ĕнчи кашни тракторист тенĕ пекех октябрь уйăхĕнче пиншер тенкĕ ытла ĕçлесе илнĕ.

«Красный партизан» колхозăн уй-хирĕсенче Федор Веремеенко тракторист тата унăн ывăлĕ питĕ лайăх ĕçлессĕ. Октябрь уйăхĕнче ĕçленĕшĕн МТС Веремеенкăна 1.500 тенкĕ, ывăлне 1.300 тенкĕ ытла тÿленĕ. Веремеенко çемйи—ашшĕ, амăшĕ тата ывăлĕ, малтан шутласа пăхнă тăрăх, 30 пин тенкĕ яхăн укçа тата 12 тоннăран кая мар тырă илессĕ. (ТАСС).

## Выльăх-чĕрлĕх туяннассĕ

ЧАРДЖОУ. Облаçри колхозниксем выльăх-чĕрлĕх нумай туяннассĕ. Юлашки уйăх хушшинче Каганович районĕнчи çĕр мамăкĕ ÿстерекенсем 300 ытла ĕне, пăру тата ытти выльăхсем туяннă. Колхозниксеце выльăх-чĕрлĕх укçалла тата ĕçкунĕсем шучĕпе сутаççĕ.

Молотов, Дейнауски тата ытти районсенчи ялхуçалăх артелĕсем колхозниксене выльăх-чĕрлĕх туянма пысăк пулăшу параççĕ. Уйăх çурă хушшинче колхоз фермисем колхозниксене 1.500 пуç ытла майракаллă шултра выльăх тата ытти выльăх сутнă. (ТАСС).

## Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# ПĂРАЧКАВ

Пăрачкав—Чăваш республикинчи чи пысăк ялсенчен пĕри. Унта 1.630 килти ытла, Ял тăршшĕ темиçе километр. Ял çуммипе юхса иртекен Сĕр шывĕ тăрăх çулла кунта Атăл çинчи баржăсем килсе чарăнаççĕ. Вĕсем ялхуçалăх машинисем, промышленность таварĕсем тиесе килеççĕ. Пăрачкавран вара тырпул, Çĕмĕрлепе Етĕрнене тĕрлĕ чĕртавар, известь, вутă тата ытти япаласем тиесе каяççĕ. Улатăрпа Çĕмĕрле хушшинче пассажирсем илсе çÿрекен пăрахутсем куллен вуншар пассажир антарса хăвараççĕ е илсе каяççĕ. Çĕмĕрле—Пăрачкав—Улатăр шоссе çулĕпе куллен вуншар автомашина иртет. Вĕсем грузсем, пассажирсем илсе çÿреççĕ. Çапла вара Пăрачкав Тăван çĕршывăн ытти хулисемпе пур майсемпе те çыхăнса тăрать.

Пăрачкав—историллĕ ял. Вăл XVII-мĕш ĕмĕр вĕçĕнче пуçланса кайнă. Кунта чи малтан помещиксене хирĕç кĕрешнĕшĕн ссылка янă çынсем килнĕ. Вĕсен çамкисем çине клеме пуснă пулнă. Çавăнпа вĕсем пурăнакан яла «Лобачево» тенĕ. Каярахпа вĕсен ачисем Сĕр шывĕ тăрăх аналалла куçса пынă. Вăл яла «Поречане», тенĕ. Çавăнтан — Порецкое—Пăрачкав пулса кайнă.

Пăрачкав ĕлĕкренпех вулăс центрĕ пулнă. Анчах унта нимĕнле промышленность та пулман. Ĕççыннисем чухăнлăхпа тĕттĕмлĕхре асапланса пурăннă. 1913 çулхи перепись тăрăх Пăрачкавра «74 чăптаçă, икон ÿкерекенсем 4 çын, эрех лавкки тытакансем 6, икĕ пристав, урядниксемпе стражниксем 16, 14 пуп, усламçăсем 92, учительсем 6, медицина работникĕсем 3, батраксемпе бурлаксем 109, чухăн пирки аякка кайса ĕçлекенсем 300 çын» пулнă. Çакă революцичченхи Пăрачкав сăн-сăпатне питех те уççăн кăтартса парать.

Октябрьти Социализмла Аслă революци хыççăн Пăрачкав нумай çĕнелсе улшăннă. Кунта промышленность предприятийĕсем, культурăпа çутĕç учрежденийĕсем чылай ĕçлеме пуçланă. Юлашки çулсенче вырăнти тата кооперации промышленносĕ хăвăрт аталанса пырать. Пĕтĕн завочĕ, çу, крахмалпа патока тата саго туса кăларакан, пахча çимĕç типĕтекен завоçсем ĕçлеççĕ. Пăрачкав çывăхĕнчи юханшывсенче рак хуранĕсем нумай. Вĕсенчен тÿме туса кăларакан механизациленĕ фабрика ĕçлет. Кунтах фанера туса кăларассине йĕркеленĕ. Районта известь чулĕ нумай. Кунта известь хĕртмелли предприяти ĕçлет. Известь çывăхри районсене те каять, Шупашкарти стройкăсем валли те илсе каяççĕ.

Район центрĕнче Швейпромсоюзăн икĕ артелĕ, апат-çимĕç комбиначĕ, вăрманпромхоз тата ытти артельсемпе предприятисем те ĕçлеççĕ. Вĕсем çулталăкра вунă миллион тенкĕлĕх валовой продукци туса кăлараççĕ.

Пăрачкава пĕтĕмпех радиофикациленĕ. Çак кунсенче кунти Суворов ячĕпе тăракан колхоз 57 киловатт вăйлă çĕнĕ электростанци туяннă. Çĕнĕ çул тĕлне район центрне пĕтĕмĕшпех электрификацилесе çитереççĕ.

Пăрачкавра И. Н. Ульянов ячĕпе тăракан педагогика училищи ĕçлет. Революциччен вăл семинари пулнă. Ăна 1872 çулта И. Н. Ульянов тăрăшнипе уçнă. И. Н. Ульянов çак шкулта темиçе хутчен те пулнă. Шкула уçнăранпа кунтан пурĕ икĕ пин ытла учитель вĕренсе тухнă. Вĕсем хушшинче наукăпа искусство деятелĕсем, çĕршывра паллă çынсем те пур. Çак шкултан вĕренсе тухнă И. В. Яшинпа Н. Г. Безруков Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Кунта ВЦСПС Председателĕ пулнă, халĕ Совет Союзĕн Китайри посолĕ В. В. Кузнецов вĕреннĕ. Сталинла премие лауреачĕ Громов доцент, Мускав облаçĕнчи педагогика институтĕнче ĕçлекен математика профессорĕ И. Андронов, Мускаври Чайковский ячĕпе тăракан консерватори профессорĕ В. Мухин, В. Лазарев профессор, СССР Наукăсен Академийĕнче ĕçлекен филологи наукисен кандидачĕ Г. Павленко, Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан университетра ĕçлекен научнăй работниксем Н. Полтев, З. Игумнова, Г. Долгов художник тата ыттисем те вĕреннĕ. Вĕсем çак шкула, учительсем патне çырусем çырса тăраççĕ, май пур чухне çулталăкра пĕрре пулакан тĕлпулăва килсе каяççĕ. Кăçал пулнă тĕлпулура В. Мухин профессор пысăк концерт панă.

Халĕ Пăрачкавра вăтам шкулта 33 учитель, педагогика училищинче 14 учитель ĕçлет, шкулсенче 1.500 ытла ача вĕренет.

Район центрĕнче темиçе библиотека ĕçлет. Вĕсенче пурĕ 31.500 кĕнеке. Библиотекăна вулама çÿрекенсен йышĕ тĕлĕшĕнчен Пăрачкав республикăра иккĕмĕш вырăнта тăрать. Çавăн пекех кунта ачасен библиотеки, культура çурчĕ тата ыттисем те пур.

Ситес кунсенчех кунта çĕнĕ кинотеатр тума тытăнассĕ. Унта 500 çын лармалли зал, аппаратсем юсамалли мастерской пулать. Халĕ районти культура çуртне çĕнĕрен пĕсса юсассĕ, пысăклатассĕ. Унтах пионерсен çурчĕ пулать. Урамсене чул сарса, тротуарсем туса, йывăçсем лартса илемлетессĕ. Ял çăнĕ çĕнелсе илемленсех пырать.

Совет власĕ çулĕсенче, партипе правительство кулленех пулăшса пынипе, [illegible] пуян та культурăлла пурнăçпа Пăрачкав [illegible].

М. БУБУКИН,
Н. МИНИН.

Пăрачкав райисполкомĕн çуртĕ (сулахайра). Район центрĕ Сĕр шывĕ енчен пăхсан (сылтăмра).

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# РАЙОНСЕНЧИ ПАРТОРГАНИЗАЦИСЕН КОНФЕРЕНЦИЙĔСЕМ

## Куславкка

Отчетлă тапхăрта район, парторганизаци ертсе пынипе, хуçалăхпа культура строительстввинче хăшпĕр ÿсĕмсем тунă. Çуртсем тăвакан завод, вырăнти промышленность предприятийĕсем хăйсен производство планĕсене ăнăçлă тултарса пыраççĕ. Чылай колхозсем организаципе хуçалăх енчен çирĕпленнĕ, иртнĕ çулхисемпе танлаштарсан, тухăçлăрах тырпул туса илнĕ. Район обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана, сурăхсемсĕр пуçне, тултарнă.

Тунă çитĕнÿсене критикăлла хаклаcа, конференци делегачĕсем татса паман ыйтусем çинче ытларах чарăнса тăчĕç. районти ялхуçалăхĕ юлса пынин тата япăхса кайнин сăлтавĕсене уçса кăтартрĕç.

— Тĕп сăлтав,— терĕç чылай делегатсем,— районти партипе совет органĕсем МТС-па колхозсене çиелтен ертсе пынинче. КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕнчен тивĕçлĕ выводсем туман. хăйсен ĕçне хальхи тапхăр хушнă пек урăхлатса çĕнетмен. Ялхуçалăхне канцеляриллĕ меслетсемпе ертсе пыни, кадрсемпе начар ĕçлени тата ялта партилле-политикăлла ĕçе çителĕксĕр туса пыни чи пысăк çитменлĕх пулса тăрать.

— Парторганизацисен пурнăçĕнче, — терĕ Юсупов юлташ, — организаторла тата политикăлла ĕçсем тĕп вырăн йышăнса тăмалла Анчах райком организаторла ĕçе хаклама вĕренсе çитмен-ха. Час-часах сăмах ĕçрен уйрăлса кайнине, йышăннă решенисем пурнăçа кĕмесĕр юлнине курма пулать. Тĕслĕхрен, райком юлса пыракан колхозсем тĕлĕшпе начар мар решени йышăннăччĕ. Анчах решене организаторла ĕçсемпе çирĕплетмен пирки вăл нимĕнле ушăну та кÿреймерĕ.

Райкомпа райсовет исполкомĕ хушшинче ĕçлĕ cыхăну пулман. Райком секретарĕ Евдокимов юлташ аппарат ĕçне тĕрĕс йĕркелес вырăнне уйрăм работниксене пĕр-пĕринпе хирĕçтерсе янă. Унтан та ытларах Евдокимов юлташ. туман ĕççенех тунă пек кăтартса, парти обкомне суеçтерес çул çине тăнă. Райком секретарĕ Колпакова юлташ ĕç вăхăтне кабинетра ларса иртернĕ. колхозсемпе предприятисенче питĕ сахал пулнă Отчетлă тапхăрта вăл. ялсене тухса, политикăлла пĕр доклад та, пĕр калаçу та ирттермен.

Райком работникĕсен ĕçĕнче çакăн пек çитменлĕх пулнă: вĕсем, вырăнсене тухсан. ĕçлĕ пулăшу парас вырăнне. тĕрлĕрен сведенисем, решенисем валли материалсем кăна пухнă.

Конференцире партилле-политикăлла ĕçе вăйлатас ыйтусем тĕп вырăнта тăчĕç. Тухса калакансем çакна палăртрĕç КПСС райкомĕ партилле-политикăлла ĕçе хуçалăх задачисемпе çыхăнтарса туса пыман. Ку вăл. чи малтан, ялхуçалăхĕн ертсе пыракан кадрĕсемпе, уйрăмах колхоз руководителĕсемпе çителĕксĕр ĕçленинче палăрать. Колхоз кадрĕсене воспитани парса тата ĕçре пулăшса тăман пирки вĕсем тăтăшах улшăнаççĕ. Юлашки çулталăкра кăна колхоз председателĕсен 30 процентĕ улшăннă.

— Район юлса пынине пĕтерме,— терĕ Степанов делегат,— партилле-политикăлла ĕçе вăйлатнинчен тытăнмалла. Парти райкомĕн, халичченхи пек, уполномоченнăйсем урлă мар, пуçламăш парторганизацисем çине таянса ĕçлемелле. Райком инструкторĕсем — сведенисем пухакансем мар, массăсене организацилекенсем, партилле-политикăлла ĕçе йĕркелекенсем пулса тăмалла.

КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ ялхуçалăхне аталантарма пулăшакан майсемпе тата резервсемпе туллин усă курмалла туман. Районта çитес 2—3 çул хушшинче ялхуçалăхне хăвăрт çĕклемелли перспективлă план çук. Райплан, район хуçалăхне планланă чухне. колхозсем умне перспективлă задачăрем лартмасть.

МТС ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсем пур. МТС руководителĕсем пулнă Захаровпа Сахалкин юлташсем механизаторсен ĕç дисциплинине хавшатса янă. Çавна пула нумай тракторсемпе комбайнсене тухăçлă ĕçлеттермен. МТС тракторсемпе тумалли ĕçсен планне, çавăн пекех кĕрхи сĕртме тумалли тата силос хывмалли плансене чылай тултарман. Нумай бригадăсенче квалификациллĕ кадрсем çитмеççĕ.

КПСС обкомĕ кăçалхи февраль уйăхĕнче районта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле тăни çинчен ятарласа решени йышăнчĕ. Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ обком решенине вăхăтра пурнăça кĕртеймерĕç. Районти чылай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, унăн тупăшне ÿстерес ĕçсен çав-çавах юлса пыраççĕ. Жданов ячĕпе, Суворов ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, «Хĕрлĕ Куç» тата «Искра» колхозсенче фермăсенчен илекен тупăшсем ÿсес вырăнне чакса пыраççĕ. Район выльăх апачĕ хатĕрлемелли, выльăх витисем çĕнĕрен тумалли тата юсамалли плансене тултарман Фермăсенче коммунистсемпе комсомолецсем сахал ĕçлеççĕ.

Районти колхозсенче малта пыракан опыта сарас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. колхозниксен агрозоотехникăлла вĕренĕвне начар йĕркеленĕ Районти «Ленин ялавĕпе» хаçат та ку ыйтусене сахал çутатать.

Хăшпĕр делегатсем республикăри организацисем тĕлĕшпе критикăлла асăрхаттарусем турĕç. Вĕсене пĕтĕçтерсе çакăн пек вывод тума пулать: Чăваш АССР Министрсен Совечĕ район юлса пынине курса тăрать. анчах йывăрлăхсене çĕнтерме çителĕксĕр пулăшать. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви МТС-ра кирлĕ çуртсем лартма укçа-тенкĕ уйăрса парассине вăраха хăварса пырать.

Михалева делегат Сывлăх министерстви адресĕпе çапла каларĕ:

— Министр Ефимова юлташ Сала больницин юбилейĕнче поликлиника çуртне йысăклатма сăмах пачĕ Унтанпа чылай вăхăт иртрĕ, çак ыйтăва татса парассин курăнчасть-ха. Министрсен Совечĕ те кун пирки шарламасть.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Петров юлташ республикăри сутулăву организацийĕсем, уйрăмах Чăвашсоюз. колхозсене кирлĕ строительство материалĕсем кÿрсе килменнишĕн пăшăрханса каларĕ.

Райсовет исполкомĕн культура пайĕн заведующийĕ Айдаров юлташ Культура министерствин кинофикаци пайĕ районсене çĕнĕ кинофильмсем ямалли йĕркене пăсса ĕçленине палăртрĕ.

Конференци ĕçне парти обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ Шмаков юлташ хутшăнчĕ. Вăл районти парторганизаци ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклерĕ тата район юлса пынине пĕтерес тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен каларĕ.

КПСС райкомĕн организациллĕ пленумĕ парти райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма Н. Хромов юлташа, райком секретарĕсем пулма Г Макаров тата П. Иванов юлташсене суйларĕ.

Т ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

## Сĕнтĕр

Районти парторганизаци конференцийĕ КПСС райкомĕн ĕçĕсем çинчен райком секретарĕ Перлов юлташ тунă доклада активлă сÿтсе яврĕ.

Делегатсем партилле-политикăлла, коммунистсемпе кадрсене воспитани парас, хуçалăха ертсе пырас ĕçсенче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕç. Парти райкомĕ колхозсене тата МТС-a ертсе пырас ĕçе конкретлă туса пымасть. Райкомпа райсовет исполкомĕн ответлă работникĕсем, колхозсенче пулсан, вĕсен ĕçĕсене тарăннăн пĕлме тăрăшман Юлашки вăхăтра райкомпа райсовет исполкомĕн ответлă работникĕсем колхозсенче пачах пулмаççĕ. Пуçламăш парторганизацисене партилле-политикăлла тата партилле-организациллĕ ĕçсене лайăххатма пулăшмаççĕ.

— Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен вăйлатса пыма пысăк майсем туса пачĕç,—тет Урпашри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Андреев юлташ.—Анчах та парти райкомĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление тата партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе йышăннă ытти решенисене районта ĕçсыннисене ăнлантарса парас ĕçе çителĕксĕр туса пырать, çак ĕçре пуçламăш парторганизацисене сахал пулăшать. Урпаш из Сĕветне кĕрекен колхозри уйрăм бригадăсенче партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановленине халĕ те ăнлантарса паман.

— Парти райкомĕ ялхуçалăх специалисчĕсемпе япăх ĕçлет,—тет Е. Цванова юлташ.—Ялхуçалăх специалисчĕсене колхозсене яриччен ĕçе мĕнрен тытăнса мĕнле туса пымаллине каласа паман. Халĕ те вĕсене ĕçре пулăшса тата вĕрентсе пыни çук.

Чылай организацисенче парти пухăвĕсем вăхăтра пулса иртмеççĕ. Вĕсенче парти райкомĕ çĕннĕ ыйтусене ытларах сÿтсе яваççĕ, умра тăракан тĕп ыйтусене аякка тăратса хăвараççĕ. Райком пуçламăш парторганизацисен пуху протоколĕсене пăхса тухса анализ туман. ĕçри çитменлĕхсене кăтартса паман. Хăшпĕр организацисем плансăр ĕçлеççĕ.

Парти райкомĕ коммунистсемпе кадрсен политикăлла пĕлĕвне хăпартас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет. Чылай çĕрте занятисем йĕркеллĕ пулмаççĕ. пропагандистсем занятисене хатĕрленмесĕр пыраççĕ, занятисем идея тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр иртеççĕ.

Конференци районти парторганизаци ĕçне лайăххатмалли майсене палăртса решени йышăнчĕ, райкомăн çĕнĕ составне суйларĕ.

КПСС райкомĕн организациллĕ пленумĕ парти райкомĕн секретарĕсем пулма М. Перлов. П Жемчугов тата М. Комаров юлташсене суйларĕ.

Н. ЦВЕТКОВ.
(Хамăр корр.).

## Редакцие килнĕ çырусем

### Бетонпа раствор хатĕрлекен предприяти хĕле хатĕр мар

Нумай пулмасть «Правда» хаçат Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ вăраххăн тунине палăртрĕ. Хаçат «Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ трест руководителĕсене хушма предприятисем тăвасси çине çиелтен пăхнăшăн критикленĕ, мĕншĕн тесен çакă вăл тĕп сооруженисем тăвассине хытă чăрмантарать.

Çавăн пек хушма предприятисенчен пĕри вăл бетонпа раствор хатĕрлекен предприяти пулать. Вĕсене строительство организацийĕсенче пуриччĕ те тăваççĕ. Çав предприятисем строительство ĕçĕсене пĕр чăрмавсăр тата татти-сыпписĕр туса пыма, материалсене турттарса пырас тĕлĕшпе тухакан расходсене чакарма, строительство участокĕсене ăшăтнă бетонпа раствор парса тăма май параççĕ. «Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ тресчĕнче те бетонпа раствор хатĕрлекен предприяти пур. Çак предприяти чылаях хăватлă тата ăна механизациленĕ, вăл çуллахи вăхăтра бетонпа раствор çителĕклĕ таранах хатĕрлерĕ.

Анчах бетонпа раствор хатĕрлекен предприяти хĕллехи вăхăтра темиçе çул хушши ĕнтĕ пачах ĕçлемест. Çавăнпа та, паллах, бетонпа раствор çитмен пирки, хĕлле строительство ĕçĕсем çителĕксĕр пулса пынă. Ку вăл асăннă предприяти хĕле хатĕрленменнинчен килнĕ. Трест руководителĕсемпе предприяти мастерĕ Пичушкин юлташ кашни çулах çав çитменлĕх текех пулмĕ, тесе шантараççĕ. Тĕрĕссине илсен вара çак çитменлĕхе пĕтермеççĕ, вăл çултан çулах строительство ĕçĕсене пысăк чăрмав кÿрет. Трест руководителĕсем кун пирки тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Кăçал та ĕçсем лайăхланмарĕç. Бетонпа раствор предприятийĕ 1953—1954 çулсенчи хĕле хатĕрленсе çитеймерĕ. Вăл ăшăтнă раствор парса тăраймасть Строительствăра кирлĕ материалсене ăшăтма кăмакапа хатĕрсем çук. Хлорлă кальцие йывăç каткасем çуккипе пĕлтерме май килмест.

Çанталăк сивĕтнĕ май, строительсем вĕсене ăшăтман раствор панăшăн пăшăрханма пуçларĕç. Строительсен техникăлла условисене пăсcах сивĕ растворпа усă курма тивет. Ноябрĕн 16-мĕшĕнчи тĕрĕслĕвен çакă паллă пулчĕ: предприяти чăнах та ăшăтнă раствор пама пултарайман. Раствора ăшă шывпа хатĕрленĕ, сывлăш 6—8 градус таран сивĕ пулнă чухне раствор 4—6 градус чухлĕ кăна ăшă пулнă.

Трестăн транспорт кантури ăшăтнă раствора турттарма хатĕрленсе çитмен. Автомашинăсен кузовĕсене ăшăтман тата вĕсене çиелтен витмелле туман.

В. АНТОНОВ.

### Механизмсене хакламан çĕрте

«Росмясомолстройăн» Чăваш республикинчи строительствăпа монтаж управленийĕ механизмсемпе усă курассине тивĕçлипе хакламасть. Шупашкарта аш-какай комбиначĕ тунă çĕрте механизмсенчен çурри ытла ахаль лараççĕ.

Строительствăри тĕп участока илер. Кунта механизмсемпе усă курни рабочисен ĕçне çăмăллатма тата ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшнă пулĕччĕ. Анчах механизмсемпе кирлĕ пек ĕçлени çук Кунта груз çĕклекен кран пур. Унпа çурт тăрри çине шифер кăна хăпартнă Кран чылайранпа ахалех ларать. Раствор тумалли механизмсемпе тата станоксемпе вăхăтран вăхăта кăна ĕçлеççĕ. Нумай ĕçсене ал вăйĕпе тăваççĕ.

Сакăр хватерлĕ пурăнмалли çуртра тунă çĕрте столяр ĕçĕсем нумай юлнă. Савалямалли машина пулсан та ăна ĕçе яман. Фрезернăй станока 1951 çултанпах вырнаçтарса ĕçе яраймаççĕ.

Механизмсене лайăх пăхса усрассишĕн тивĕçлипе тăрăшмаççĕ. Вĕсене усрама сарай туман Механизмсене кирлĕ пек упрама тăрăшман пирки пĕр транспортерăн пайĕсене салатса пĕтернĕ. Механизмсем ăçта килчĕ унта лараççĕ Акă холодильник маччине шлак хăпартса пĕтернĕ пулин те, транспортер виç-тăватă уйăх хушши ĕнтĕ унтах ларать

Автогараж начальникĕ Коновалов юлташ ответлăха туймасть. Гаражра йĕрке çук. Автомашинăсене юрăхсăра кăларнă шоферсем пирки мерăсем йышăнмаççĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ строительствăра перекетлĕх режимне уйрăмах начар тытса пынине палăртрĕ. Строительство ĕçĕсене организациллĕс çĕрти пысăк çитменлĕхсене—механизаци хатĕрĕсемпе çителĕксĕр усă курнине, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккине, материалсене хуçасăрла расходланине тата ытти çитменлĕхсене съезд татăклăн сивлерĕ.

Сÿлерехре илсĕ кăтартнă фактсем «Росмясомолстрой» управленийĕн начальникĕ Анвев тата главнăй инженер Шумилов юлташсем съезд кăтартăвĕнчен тивĕçлĕ вывод туманни çинчен калаççĕ. Механизмсемпе усă курас ĕçри çитменлĕхсене халех пĕтерес пулать

Ф. МЕФОДЬЕВ.

### „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

#### „Парикмахерски суртне хăçан туса лартĕç-ши?“

Ĕçсынин депутачĕсен Чурачăк район Совечĕн исполкомĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра октябрĕн 10-мĕшĕнче пичетленнĕ «Парикмахерски çуртне хăçан туса лартĕç-ши?» ятлă çырура фактсене тĕрĕс кăтартса пани. парикмахерски çуртне туса пĕтерме мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

## Тĕнчери лару-тăру

### ТĔНЧЕРИ ЙЫВĂР ЛАРУ-ТĂРĂВА ÇĂМĂЛЛАТМА КАМ ЧĂРМАНТАРАТЬ

ООН Генеральнăй Ассамблейин Политикăлла комитечĕнче хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комисси тунă доклада сÿтсе явас ĕç мĕнле иртнине тĕнчери халăхсем пысăк тимлĕхпе сăнаса пычĕç. Ку вăл çапла пулмалла пулнă та. СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен министерствинчи пресс-конференцире нумаях пулмасть В. М. Молотов юлташ каланă пек хĕçпăшалсене чакарасси, васкаса хĕçпăшалланнине чарасси «пĕтĕм тĕнчери халăхсемшĕн чи пысăк та халех татса памалли ыйту пулса тăрать». Тĕрĕс шухăшлакан кашни çыншăн çакă паллă: хĕçпăшалсене, чи малтанах аслă державăсен хĕçпăшалĕсене чакарни мире сыхласа хăвармалли хăватлă услови пулса тăрĕччĕ.

Çак ыйтăва Генеральнăй Ассамблейăн кун йĕркине çак ятпа кĕртнĕ: «Мĕнпур хĕçпăшаллă вăйсемпе мĕнпур хĕçпăшалсене йĕркелесси, пÿлсе тăрасси тата пĕр пек виçепе чакарса пырасси: хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин докладĕ». Çакна палăртмалла: вунă йĕркеллĕ çырусăр пуçне, хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин нимĕнле доклад та пулман. Çав кĕске çырура комисси хăй нимĕн те туманни çинчен пĕлтерĕнĕ.

Совет делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский çакна ĕнентермелле çирĕплетсе панă: хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комисси, тĕрĕссипе каласан. нимĕн тума та пултарайман. Ĕç çакăнта: Генеральнăй Ассамблейăн VI-мĕш сессийĕнче Америкăпа Англи блокĕ йышăнтарнă резолюципе комисси ĕçĕн юрăхсăр планне ирĕксĕрлесе йышăнтарнă пулнă. Çак план комиссие хăйĕн задачине пурнăçлама чăрмантарнă, мĕншĕн тесен хĕçпăшалсене чакарасси тата халăха йышлăн вĕлерекен пĕтермелли хĕçпăшалсемпе усă курма чарасси çинчен тăракан ыйтăва урăх ыйтупа улăштарнă. Вăл ыйтăван тĕллевĕ, тĕрĕссине илсен, США валли Совет Союзĕпе халăх демократийĕн çĕршывĕсем çинчен разведка сведенийĕсем пухасси пулса тăнă.

Ноябрĕн 18-мĕшĕнче Политикăлла комитет хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин докладне сÿтсе явассине вĕçленĕ. США ертсе пыракан империализмла державăсен блокĕ, ООН-ра хăйсене итлекен çĕршывсем ытларах пулнипе усă курса, хĕçпăшалсене чăннипех чакарас ĕçе хальхинче те пĕтерес лартас тесе мĕн тума пултарнине пĕтăнах тунă. Çак блок Политикăлла комитетра сÿтсе явма резолюци проектне (14 çĕршывăн проекчĕ текенсĕр) тăратнă. Вăл проектра атомлă хĕçпăшалпа тата халăха йышлăн вĕлермелли водородлă хĕçпăшалпа усă курма чарассине палăртман.

Мир политикине, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене калаçусем ирттерипе татса парас политикăна çирĕп те яланах пекех пурнăçласа пырса, Совет Союзĕ халĕхинче те васкаса хĕçпăшалланнине чарса лартассишĕн, хĕçпăшалсене чакарассишĕн тăнă. Совет делегацийĕ 14 çĕршывăн проектне кĕртме тÿрлетÿсем сĕннĕ. Çав тÿрлетÿсен тĕллевĕ хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин ĕçне яланхи пек хĕçпăшалсене чакарма, атомлă хĕçпăшалпа усă курассине пĕр сăмахсăр чарма пулăшакан сĕнÿсем туса хатĕрлес çулпа йĕркелесе ярасси пулнă. СССР делегацийĕ, уйрăммăн илсен. çакăн пек сĕнÿ панă: атомлă хĕçпăшалпа усă курма чармалла тата пĕтĕм тĕнчери контроль органĕ тумалла, кунсăр пуçне, пĕр-пĕр çĕршыва хирĕç атомлă, водородлă хĕçпăшалпа е халăха йышлăн вĕлермелли ытти майпа чи малтан усă куракан правительствăна этемлĕхе хирĕç преступлени тунă правительство, вăрçă преступникĕ тесе шутламалла.

Питех те паллă. совет делегацийĕ панă тÿрлетÿсене йышăнни хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин ĕçĕшĕн, мире тата пĕтĕм тĕнчери хăрушсăрлăха сыхласа хăварас ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнă пулĕччĕ. Анчах Америка делегацийĕ тата ытти империализмла çĕршывсен делегацийĕсем, «сасăламалли машинăпа» усă курса, совет делегацийĕ панă сĕнÿсене Политикăлла комитетра йышăнма чăрмантарнă США ертсе пыракан империализмла государствăсен блокĕ «14 çĕршывăн» резолюцине йышăнтарнă. Çак резолюци, тĕрĕссине каласан, пĕр тĕллев кăна тытать: хĕçпăшалсене чăннипех чакарас ĕçе хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссире вĕçĕмсĕр пыракан прениceнче путарса лартмалла, хĕçпăшалсене чакарас ĕç вырăнне урăх ĕç тумалла — ытти государствăсен хĕçпăшалĕсемпе хĕçпăшаллă вăйĕсем çинчен разведка сведенийĕсем илсе тăмалла.

Çапла ĕнтĕ, империализмла блокри çĕршывсенчи власра тăракан ушкăнсем хăйсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатассишĕн тăни çинчен калакан сăмахсем пурте икĕпитлĕнсе, суйса каланă сăмахсем пулса тăраççĕ. ООН Генеральнăй Ассамблейин Политикăлла комитетĕнче хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин докладне сÿтсе явнă чухне вĕсем йышăннă позици çакна уйрăммăнах уççăн кăтартса пачĕ. Кунта вĕсем хăйсене хăйсем тепĕр хут тăрă шыв çине кăларса çакна кăтартса пачĕç: вĕсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатасшăн мар. Çакăн пек йывăр лару-тăру вĕсене хăйсен васкаса хĕçпăшалланнине халăхсем умĕнче тÿрре кăларма кирлĕ. Васкаса хĕçпăшалланни мул хуçисене питĕ пысăк услам парать. Халĕ, США-ра экономика кризисĕ çывхарни çинчен калакан паллăсем ытларах та ытларах палăрма пуçланă чухне, монополисем, паллă ĕнтĕ. кризиса кĕрсе ÿкес мар тесе, нумай миллиардлă çар заказĕсене пурнăçлас ĕç çине пысăк шанчăк хураççĕ.

Пĕрлешÿллĕ Штатсем хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсене чакарма шутламаннине США-н власра тăракан ушкăнĕсен ответлă представителĕсем хăйсем те çирĕплетсе параççĕ. Çапла, сăмахран, Эйзенхауэр президент кăçалхи октябрь вĕçĕнче пулнă пресс-конференцире тÿрех çапла каланă: Пĕрлешÿллĕ Штатсен хĕçпăшаллă вăйĕсене, вĕсем кирек хăш вырăнта тăрсан та, чакармалли нимĕнле плансем те çук...

Çапла ĕнтĕ, ООН Генеральнăй Ассамблейин Политикăлла комитетĕнче питех те кирлĕ ыйтăва сÿтсе явни Америкăпа Англин империализмла блокĕнчи власра тăракан ушкăнсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма шутламаннине кăтартса пачĕ.

### КИВĔ ТАКТИКА...

Тунтикун, ноябрĕн 16-мĕшĕнче, Америкăри радио илтекен миллионшар çынсем «çĕнĕ хыпар» пĕлнĕ: США-ра «ирĕклĕх принципĕсем» арканса пыраççĕ. Ун çинчен коммунист мар, США президенчĕ пулнă Трумэн пĕлтернĕ.

Нумай пулмасть президент пулнă çын та ирĕклĕхсене хĕсеççĕ тесе ÿпкелешет пулсан, Пĕрлешÿллĕ Штатсенче мĕн пулнă-ха?

Харкашуллă истори пулса иртнĕ. США-ри буржуалла хаçатсем, телĕтерекен хыпарсене питĕ юратакансĕрсем, çак истори пирки икĕ эрне хушши ĕнтĕ сăмах ваклаççĕ. Ку истори çакăн пек: Трумэн тата унăн çывăх помощникĕсем пулнă çынсем темиçе çул хушши хăйсем чавнă шăтăка хăйсемех кĕрсе ÿкнĕ. Кĕскен каласан, Трумэна «Америкăна хирĕçле ĕç тунă» тесе айăплаççĕ.

Çак ĕç США Юстици министрĕ Браунелл тухса каланă хыççăн пуçланнă. Вăл çапла каланă: Трумэн, США президенчĕ пулнă вăхăтра, Пĕтĕм тĕнчери валюта фончĕн директорĕ пулма Декстер Уайт ятлă çынна (халĕ вăл вилнĕ) уйăрса лартнă. Уайт коммунист тата «Россия майлă ĕçлекен агент» пулнă имĕш, Трумэн Уайта ĕçе уйăрса лартнă чухне тĕпчесе пĕлмелли федеральнăй бюро (Америкăри вăрттăн полици) докладĕнчен вăл мĕнле çын иккенне пĕлнĕ имĕш.

Юстици министрĕ каланă хыççăн, çынсем «мĕн шухăшланине» яланах тĕрĕслесе тăракансем тата конгресри «тĕпчесе пĕлекен» çынсем — Маккарти, Велде, Дженнер тата ыттисем те питĕ хыпăнса ÿкнĕ. Представительсен палатин «Америкăна хирĕçле ĕç тунине» тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси председателĕ Велде часрах Трумэнпа государство секретарĕ пулнă Бирнс патне, вĕсене допроса пыма чĕнсе, повесткăсем ярса панă.

Республиканецсен партийĕнчи хăйĕн тăшманĕсем тапăннинчен хÿтĕленсе, Трумэн çак чăнлăха йышăнма тивнĕ: Пĕрлешÿллĕ Штатсенче «ирĕклĕх принципĕсем арканса пыраççĕ. США-ра ертсе пыракан çынсем кирек кама та «коммунист майлă тăрать» тесе айăпласпа юнаса, американецсене яланах хăратса пурнăççĕ. Çавăнпа пĕрлех, хăйне «коммунистла шпиона» пытарса пурăннă тесе айăпланинчен хÿтĕленсе, Трумэн çакăн çинчен аса илтернĕ: шăпах ун вăхăтĕнче ĕнтĕ прогрессивлă çынсене хĕсĕрлесси çинчен законсем йышăннă. Вăл «государство власне мĕнле майла шанса пурăннине тĕрĕслессине» тата тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен тĕрлĕрен комиссисем шутласа кăларнă, шăпах унăн правительстви «коммунистсем майлă ĕçлекенсене хытă тĕпчесе пĕлме» тытăннă. Ку вăл «США-ра коммунистсен лидерĕсене суда парас тата тĕрмене хупас ĕçе ăнăçлă туса пырасси патне» илсе çитернĕ.

Çапла ĕнтĕ Трумэн хăй мĕн акнине хăех вырса пухнă.

Çак истори пытаракан сăлтавĕсем пулман пулсан, ун çинчен шарлама та кирлех марччĕ. Америкăри хаçатсен пĕр пайĕ çирĕплетсе каланă-тăрăх, ĕçĕн тупсăмĕ çакăн пек пулнă.

Нумаях пулмасть США-ри чылай штатсенче конгреса депутатсем суйланă. Суйлавра власра тăракан республиканецсен партийĕ пысăк поражени тÿснĕ. Ку вăл суйлавăсем республиканецсен правительстви политикине хытă кăмăлсăр пулнине палăртса панă.

Америкăри хаçатсемпе журналсем йышăннă тăрăх, кун пек кăмăлсăрлăхăн тĕп сăлтавĕсенчен пĕри çапла ăнланмалла: республиканецсен правительстви конгресе иртнĕ çулта суйлав умĕн фермерсене, рабочисене, вак предприятисен хуçисене панă сăмаха пурнăçламан. çав вăхăтрах шултра капиталистсене панă сăмаха лайăх пурнăçласа пынă. «Заводсемпе фермăсенчи çынсем,— тесе çырать «Юнайтед майн уоркерс джорнал» журнал,— правительство тĕлĕшпе ытлашши кăмăллă пулма пултараймаççĕ. Вăл правительствăра шултра капиталистсемпе çар ушкăнĕсен представителĕсем хуçаланаççĕ. Шултра капитал тума тăрăшнă ĕçсене правительство хăй тунă çитĕнÿсен шутне кĕртме пултарать пулсан, ку вăл уйрăммăнах тĕрĕс».

Çывхарса килекен экономикăлла кризисăн туйăмлă паллисем республиканецсен партийĕн ĕçне татах та йывăрлатаççĕ. Çитес çулта конгресс суйлавĕсем пулмалла. Шултра капиталăн икĕ партийĕ (республиканецсен тата демократсен партийĕсем) хушшинче суйлав умĕнхи кĕрешÿ, тĕрĕссипе каласан, пуçланнă ĕнтĕ.

Çак условисенче, суйлавра хăйсен позицийĕсене сыхласа хăварма тăрăшса, республиканецсем хăйсен юратнă чее меле усă курма тытăннă: Америка халăхне пурнăçри чи кирлĕ ыйтусенчен пăрса ярас, унпа пĕрлех демократсен партийĕн влиянине вăйсăрлатас шутпа вĕсем «хĕрлисем енчен хăрушлăх пурри» çинчен сăмах сарма тăрăшаççĕ. Çакăн пек ĕнтĕ «Уайт ĕçĕн» чăн-чăн сăлтавĕ. Республиканецсен партийĕн наци комитечĕн председателĕ Холл официальнăй йĕркепе çапла çирĕплетсе каланă: «Коммунистсем правительствăна шăвăнса кĕрессе çинчен» (демократсен партийĕ ертсе пынă чухне) тăракан ыйтупа республиканецсен суйлав кампанийĕнче тĕп меслет вырăнне усă курма шутлаççĕ. «Нью-Йорк Таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Холл çапла хушса хунă: çитес çулхи суйлавсенче «коммунистсем çинчен тăракан ыйту» тавросен халĕ пысăк пулни çинчен е фермерсен хăйсен продукчĕсемшĕн илекен пĕчĕк хаксем çинчен тăракан ыйтăва хуплаcа хурĕ.

Бу вăл — демократсем усă курнă кивĕ, пурне те паллă тактика. Халĕ унпа республиканецсем усă кураççĕ.

США-ри власра тăракан ушкăнсем, ĕçсыннисен тарĕпе юнĕ шучĕпе васкаса хĕçпăшалланса, çĕршывра буржуалла «ирĕклĕхсен» юлашкисене пĕтерсе, çак ĕçсене «хĕрлисем енчен хăрушлăх пурри» çинчен кăшкăрашнипе пытараççĕ. Халĕ çавăн пек сăмахсене вĕсем ниçтанхиччен ытларах сарни курăнать.

И. АРТЕМОВ.

### Йывăр лару-тăрăва çăмăллатассишĕн

ПЕКИН, ноябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Гунженьжибао» хаçат редакци статьинче çапла çырать: В. М. Молотов ноябрĕн 13-мĕшĕнче пулнă пресс-конференцире каланă сăмахра Совет Союзĕ пĕтĕм тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатасси çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явас шутпа Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухассишĕн тăни çĕнĕрен уççăн палăрать. Пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн чун-чĕререн тăрăшакан çынсем, кăтартса парать хаçат. Молотов тухса каланине кăмăлласа йышăнаççĕ. Молотов тухса калани пĕтĕм тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатмалли çул-йĕре уççăн кăтартса парать.

Китай халăхĕпе пĕтĕм тĕнчери мире юратакан халăхсем, тесе çырать «Гунженьжибао» хаçат, аслă совет халăхĕпе пĕрле çак тĕллеве пурнăçлассишĕн малашне те хăйсен вăйне хурĕç.

### Бенуа Фрашона арестленĕ

ПАРИЖ, ноябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Францири Пĕтĕм Францири ĕçлей конфедерацийĕн генеральнăй секретарĕсенчен пĕрне—Бенуа Фрашона арестленĕ. Ăна «государствăн тулаши хăрушсăрлăхне сиен кÿнĕшĕн» айăплаççĕ.

### Америка Японие хĕçпăшаллантарма васкать

ШАНХАЙ, ноябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Японири радио пĕлтернĕ тăрăх, ноябрĕн 19-мĕшĕнче США вице-президенчĕ Никсон, халĕ Токиона пынăскер, сăмах тухса каланă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче Японие хĕçпăшаллантарассине вăйлатма чĕннĕ. Никсон Пĕрлешÿллĕ Штатсен власра тăракан ушкăнĕсем Япони милитаризмне çĕнĕрен аталантарас тĕлĕшпе тытса пыракан политикăна, Японие США-н Инçет Хĕвелтухăçĕнчи çар бази туса хурас политикăна пур майсемпе те тÿрре кăларма тăрăшнă. Япони милитаризмне çапса аркатнă хыççăн союзлă державăсем пĕрле йышăннă решенисенче Японие хĕçпăшалсăрлантарма палăртнă политикăна вăл «йăнăш» политика тенĕ. Пĕрлешÿллĕ Штатсем,—тенĕ Никсон,—1946 çулта Японин çар вăй-хăватне пĕтерме килĕшсе, «йăнăш тунă».

Хăйĕн сăмахĕнче Никсон Япони çарĕн пултарулăхне мухтанă тата Америка империализмĕн Азири агрессилле стратегийĕнче Япони мĕнле вырăн йышăнса тăнине палăртнă, уйрăмах, Япони Америкăн Корейăри агрессийĕнче «пысăк вырăн» йышăнса тăнине кăтартнă Вăл Японие «нĕкĕпур вăйпа» хĕçпăшаллантарма хушнă.

«Ниппу Никон» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ноябрĕн 19-мĕшĕнче каçхине Америкăн Токиори посольствинче вице-президент Никсонпа Японири «прогрессивлă» текен партин председателĕ Сигемицу хушшинче калаçу пулса иртнĕ. Никсон çак партин Японие хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе йышăннă позицине «килĕшни» çинчен пĕлтернĕ, тесе çырать хаçат. Паллах ĕнтĕ, «прогрессивлă» парти лидерĕсем Японин хĕçпăшаллă вăйĕсене чылай пысăклатма хушаççĕ. США-н вице-президенчĕ çакна йышăннă: çĕнĕрен хĕçпăшалланас тĕлĕшпе «прогрессивлă» партин çул-йĕрне Пĕрлешÿллĕ Штатсем палăртса панă.

Никсон, тĕрĕссипе илсен, Японие уççăнах хĕçпăшалланма чĕнсе каланă. Çакна кура Япони реакцийĕн милитаризмла шухăш-кăмăлĕсем татах та вăйланнă. Токиори радио пĕлтернинчен çакă курăнать: «Японири паллă ушкăнсем» Никсон тухса каланине Японин хальхи конституцине тепĕр хут пăхса тухма, урăхла каласан, çак конституцин «ытти наци çĕршывĕсемпе тĕл пулакан хирĕçÿсене» вăрçăпа татса пама юраманни çинчен калакан 9-мĕш статьине пăрахăçа кăларма чĕнсе калани вырăнне йышăнаççĕ.

Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи власра тăракан ушкăнсем Японие хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе тытакан çул-йĕр Япони общественноçĕ умĕнче пысăк хирĕçÿ тăвать.

## ООН Генеральнӑй Ассамблейӑн VIII-мӗш сессийӗ

# Политикӑлла комитетра

## А. Я. ВЫШИНСКИЙ тухса калани

НЬЮ-ЙОРК, ноябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Генеральнӑй Ассамблейӑн Политикӑлла комитечӗн ноябрӗн 19-мӗшӗнче тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне сирсе ямалли тата тӗнчери ҫыхӑнуҫенчи йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатмалли мерӑсем ҫинчен СССР делегацийӗ сӗннӗ ыйтӑва пӑхса тухма тытӑннӑ.

Паллӑ ӗнтӗ, СССР делегацийӗ ҫак питӗ кирлӗ ыйтӑва, тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне чакарас, мире тата халӑхсен хӑрушсӑрлӑхне тӗреклӗтес тӗллевпе сӗннӗ. Совет делегацийӗ Генеральнӑй Ассамблейӑра пӑхса тухма резолюци проектне тӑратнӑ. Унта ҫапла сӗннӗ: Генеральнӑй Ассамблейӑн атомлӑ, водородлӑ хӗҫпӑшалсемпе тата халӑха йышлӑн вӗлермелли ытти хӗҫпӑшалсемпе усӑ курма чарни ҫинчен пӗлтермелле. Ассамблейӑн Хӑрушсӑрлӑх Советне пӗтӗм тӗнчери килӗшӳ тума хатӗрленес тата ӑна пурнӑҫа кӗртме хатӗрленес тӗллӗшпе ним тӑхтаса тӑмасӑр кирлӗ мерӑсем йышӑнма хушмалла. Ҫавӑн пек килӗшӳ халӑха йышлӑн вӗлермелли хӗҫпӑшалпа усӑ курма чарнине пӗтӗм тӗнчипех ҫирӗп тӗрӗслесе тӑрассине пурнӑҫлама май памалла. Резолюци проектӗнче Хӑрушсӑрлӑх Совечӗн яланхи пилӗк членне—США-на, Совет Союзне, Великобританиие, Францие тата Китая, — пӗтӗм тӗнчери мирпе хӑрушсӑрлӑхшӑн тӗп ответ тытакан державӑсене—ҫулталлӑк хушшинче хӑйсен хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен виҫӗ пайӗнчен пӗр пайне чакарма сӗннӗ. Ҫар расхочӗсен йывӑрлӑхне чакарас шутпа, резолюци проекчӗ Хӑрушсӑрлӑх Советне кӗске вӑхӑт хушшинче пӗтӗм тӗнчери конференци пухма сӗнӳ парать. Ҫав конференципе мӗнпур государствӑсен хӗҫпӑшалӗсене чакарассине пурнӑҫлас тӗллӗшпе пухмалла. Ют ҫӗршывсен территорийӗсем ҫинче ҫар, сывлӑш-ҫар тата тинӗс-ҫар базисене тунни тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑн хӑрушлӑхне ӳстерет тата наци суверенитечӗпе государствӑсен никама пӑхӑнманлӑхне пӗтересси патне илсе пырать. Совет делегацийӗн резолюци проектӗнче ҫапла тума сӗннӗ: Генеральнӑй Ассамблейӑн Хӑрушсӑрлӑх Советне ют ҫӗршыв территорийӗсем ҫинчи ҫар базисене пӗтерес тӗллӗшпе мерӑсем йышӑнма сӗнмелле, ҫар базисене пӗтерни ҫирӗп мир тата тӗнчере хӑрушсӑрлӑх тӑвас ҫӗрте питӗ кирлӗ ӗҫ пулнине шута илмелле. Совет резолюцийӗн проекчӗ, юлашкинчен, ҫакна палӑртать: хӑшпӗр ҫӗршывсенче халӑхсем хушшинче курайманлӑх сарас тата тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫа хатӗрленес тӗллӗшпе ирттерекен пропагандӑна Генеральнӑй Ассамблейӑн сивлемелле. Генеральнӑй Ассамблейӑн мӗнпур государствӑсене ҫавӑн пек пропагандӑна чарса лартма чӗнсе каламалла. Ҫавӑн пек пропаганда ООН-ӑн тӗп принципӗсемпе тата тӗллевӗсемпе килӗшсе тӑмасть.

Тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне пӗтермелли тата тӗнчери ҫыхӑнусенчи йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатмалли мерӑсем ҫинчен тӑракан ыйтӑва сӳтсе явасси СССР делегацийӗн пуҫлӑхӗ А. Я. Вышинский тухса калани пуҫланнӑ.

СССР представителӗ ҫапла каланӑ: ку ыйтӑва Генеральнӑй Ассамблейӑра пӑхса тухма тӑратасси Совет правительстви тӗнчери ҫыхӑнусенчи йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатмалли ҫул-йӗрсем тупассишӗн тата пӗтӗм тӗнчере халӗ тухса тӑнӑ ыйтусене татса парассишӗн тӑрӑшнинчен тухса тӑрать. Пӗтӗм тӗнчере халӗ тухса тӑнӑ ыйтусене татса парманни пӗтӗм тӗнчери лару-тӑрӑва йывӑрлатать. А. Я. Вышинский тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатни питӗ кирлӗ задача пулса тӑнине кӑтартса панӑ. Ҫак задачӑна татса парассине Совет правительстви чи малтан тумалли ӗҫ тесе шутлать. Тулашри политикӑн ытти задачисене татса парасси ҫине те ҫак енчен пӑхни кирлӗ. Акӑ мӗншӗн ӗнтӗ Совет правительстви ҫак ыйтӑва дипломатиллӗ майпа татса парас тата Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗнче лартас тӗллӗшпе те пуҫарулӑх кӑтартать.

Халӗ тӗнчере йывӑр лару-тӑру пулса тӑнин сӑлтавӗсем ҫинче А. Я. Вышинский тӗплӗн чарӑнса тӑнӑ. Ҫакӑн пек лару-тӑрӑвӑн палл сӑлтавӗсенчен пӗри, тесе палӑртнӑ вӑл, США-ри реакциллӗ ушкӑнсен тата вӗсем майлӑ тӑракан хӑшпӗр ҫӗршывсен, вӑл шутра Англипе Францин политики пулса тӑрать. Ҫак ушкӑнсем, Америка монополийӗсем ҫине таянса тӑракансерсем, политика тӑвас тата ӑна пурнӑҫа кӗртес ҫӗрте паллӑ вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Ку политикӑна вӗсем хӑйсен ҫыннисем урлӑ туса пыраҫҫӗ. Ҫав ҫынсене вӗсем государство управленийӗнчи тӗп вырӑнсене лартса тухаҫҫӗ. Вӑл ушкӑнсем, тенӗ А. Я Вышинский, нумай фактсен ҫирӗплетсе панӑ тӑрӑх, халыхи вӑхӑтри йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатма чӑрмантарма тӑрӑшаҫҫӗ. Тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатасси, унтан та ытларах: йывӑр лару-тӑрӑва пӗтересси тата тӗнчери ҫыхӑнусене лайӑхлатасси ку ушкӑнсене экономика енчен те, политика енчен те интереслентермест. Вӗсем политика енчен интересленмеҫҫӗ, мӗншӗн тесен ҫакӑн пек лару-тӑру, вӗсем «сивӗ вӑрҫӑ» политикине ирттерни пекех, тӗнчипе пуҫпуҫса тӑмалли планӗсене пурнӑҫа кӗртес тӗллевпе, тӗнчере ҫӗнӗ вӑрҫӑ пуҫласа ярас ҫӗрте хатӗрленӳ тапхӑрӗ пулнине курса тӑраҫҫӗ. Ҫак ушкӑнсем тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатма экономика енчен интересленмеҫҫӗ, мӗншӗн тесен вӗсем «сивӗ вӑрҫӑран», промышленноҫа милитаризацилессинчен питӗ пысӑк усӑ илеҫҫӗ. Промышленноҫа милитаризацилесси вӗсене хӗҫпӑшалланин-

пе, ҫӗнӗ ҫар базисем организацилениипе, атомлӑ бомбӑсем туса тултарнипе пӗр вӑхӑтра пулса пырать. А. Я. Вышинский малалла ҫакна кӑтартса панӑ: «сивӗ вӑрҫӑн» стратегийӗпе политики («сивӗ вӑрҫа» монополистсен пӗчӗк ушкӑнӗн интересӗсем хавхалантарса пыраҫҫӗ) наци экономикине кирлӗ пек аталантарма чӑрмантарать, пӗтӗм тӗнчере пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлессин никӗсӗсене аркатса пырать, тӗнчере хирӗҫӳсен хӑрушлӑхне, ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне кӑларать тата вӑл хӑрушлӑхсене ҫивӗчлетсе пырать. США-н экономикӑлла политики, тулашри политикӑри тӗп ҫул-йӗре пӗтӗмӗшпех пӑхӑнса тӑракансскер (ҫав политика «вӑй» принципӗ ҫине таянса тӑрать, хӑйӗн ҫӗршывне тата ҫӗршывсене—хӑйӗн союзникӗсене милитаризацилеме, ҫар союзӗсем организацилеме палӑртать), тӗнчери нумай ҫӗршывсен, уйрӑммӑнах экономика тӗлӗшӗнчен начар аталаннӑ ҫӗршывсен экономикине хытӑ начарлатать. Совет Союзӗн представителӗ Политикӑлла комитетӑн членӗсене, Эквадор, Гватемала, Сири тата ытти хӑшпӗр ҫӗршывсен представителӗсем пӗтӗмӗшле дискусси вӑхӑтӗнче Генеральнӑй Ассамблейӑра тухса каланӑ сӑмахсем ҫинчен аса илтернӗ. Ҫав представительсен сӑмахӗнче экономика тӗлӗшӗнчен лайӑхрах аталаннӑ хӗвеланӑҫри ҫӗршывсем хӑйсен интересӗсене пурнӑҫланӑ ҫӗрте вӗсен ҫӗршывӗсен вӑйсӑрлӑхӗпе усӑ курнӑ пирки хӑрани тата шикленни палӑрнӑ. Представительсен тухса каланӑ мӗнпур сӑмахсем, тенӗ А. Я. Вышинский, хӑйсемшӗн хӑйсемех калаҫҫӗ. Вӗсем тухса каланӑ сӑмахсем тулашри политикӑна пула, тӗпрех илсен, США политикине пула тухса тӑнӑ йывӑрлӑхсене кӑтартса параҫҫӗ. Ҫав политика США-н, финанспа политика тӗлӗшӗнчи влиянийӗ пысӑк пулнӑ пирки, хӗвеланӑҫӗнчи ҫӗршывсем хушшинче паллӑ вырӑн йышӑнать.

СССР представителӗ ҫакна кӑтартса панӑ: США-ри реакциллӗ ушкӑнсем пурнӑҫласа пыракан тулашри политикӑн ҫул-йӗрӗн результачӗ ҫар расхочӗсем питех те ӳссе кайни пулать. Ҫак расхочӗсене пула, инфляци вӑйланать, налогсем ӳсеҫҫӗ, ӗҫсыннисем таварсем туянасси чакать, США-ри тата вӗсемпе союзра тӑракан ҫӗршывсенчи халӑхсен пурнӑҫ шайӗ чакса пырать. Ҫакӑн пирки США-ри тата хӗвеланӑҫри ытти ҫӗршывсенчи официальнӑй ушкӑнсем те хытӑ пӑшӑрханма тытӑннӑ. А. Я. Вышинский, уйрӑммӑн илсен, США суту-илӳ министерстви пичетлесе кӑларнӑ официальнӑй обзорӑн авторӗсем Америка экономикинчи кризис паллисем пирки пӑшӑрханнине кӑтартса панӑ. Ҫак кризисӑн паллисем США-ри монополиллӗ ушкӑнсене йывӑрлӑхран тухмалли ҫул-йӗр шырама хушаҫҫӗ. Монополиллӗ ушкӑнсем кризис хӑрушлӑхне тытса чарма е пӗтерме экономикӑна милитаризацилениипе усӑ курма хӑтланаҫҫӗ. Кризис Америкӑн экономикине, хӗвеланӑҫри ытти капитализмла ҫӗршывсенчи экономикӑна та хӑратать. Вӑл экономикӑсенче хирӗҫӳсем питӗ нумай. Ку вӑл, кӑтартса панӑ А. Я Вышинский, реакциллӗ ушкӑнсем суйса каланине—Совет Союзӗ агрессиллӗ политика тытса пырать, ҫак политика США-ра ҫар производствине сарса пымалли сӑлтав пулса тӑрать тесе суйнине—тӗрӗ шыв ҫине кӑларать.

Чылай фактсем США экономики тавара сутма май пурринчен ытлашши туса кӑларнӑ пирки пулакан кризис патне пыни ҫинчен калаҫҫӗ, тенӗ А. Я Вышинский. США-па вӗсен союзникӗсен экономики пӗр енлӗ аталанса пыни лару-тӑрӑва йывӑрлатасси патне илсе пырать, вӗсен экономикинче йӗркесӗрлӗхсем тӑвать, Хӗвелтухӑҫӗпе Хӗвеланӑҫӗ хушшинчи суту-илӗве татах та вӑйсӑрлатать, ҫавна пула ӗнтӗ тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва вӑйлатать. Пачах урӑхла, тенӗ А. Я. Вышинский, Хӗвелтухӑҫӗпе Хӗвеланӑҫӗ хушшинчи экономика тата суту-илӳ ҫыхӑнӑвӗсене тӗреклетни тата аталантарса пыни, паллӑ ӗнтӗ, тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатмалли, тӗнчери халӑхсем пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлессине вӑйлатмалли, мире тӗреклетмелли хӑватлӑ майсенчен пӗри пулса тӑнӑ пулӗччӗ.

СССР представителӗ унтан совет делегацийӗ панӑ сӗнӳсем мӗне пӗлтерни ҫинчен тӗплӗн каласа панӑ. Ҫак сӗнӳсене тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне пӗтермелли тата тӗнчери ҫыхӑнусенчи йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатмалли мерӑсем ҫинчен тӑракан ыйту тӑрӑх Совет Союзӗ тӑратнӑ резолюци проектӗнче палӑртнӑ. Хӑйӗн резолюци проектӗнче, тенӗ А. Я. Вышинский, Совет Союзӗ васкаса хӗҫпӑшаллапассине чарса лартассишӗн, чи малтанах аслӑ державӑсене хӑйсен хӗҫпӑшалӗсене чылай чакарттарассишӗн ҫине тӑрать. Ҫав аслӑ державӑсем ООН Уставӗ тӑрӑх мирпе пӗтӗм тӗнчери хӑрушсӑрлӑхшӑн тӗп ответ тытаҫҫӗ. Хӗҫпӑшалсене чӑннипех чакарассине пурнӑҫласа тата атомлӑ хӗҫпӑшалпа усӑ курассине чарса лартас, пӗтӗм тӗнчере контроль туса хурас задачӑна, питех те кирлӗ задачӑна пӗр вӑхӑтрах татса парас, васкаса хӗҫпӑшалланассине чарса лартмалла. Халӗ Политикӑлла комитетра пӑхса тухакан пирӗн резолюци проекчӗ ҫак ӗҫсене тума палӑртать те ӗнтӗ.

А. Я. Вышинский ҫакна кӑтартса панӑ: Пӗрлешӳллӗ Штатсем тата вӗсем хыҫҫӑн пыракан Англипе Франци Совет Союзӗ хӗҫпӑшалсене чакарас тата халӑха йышлӑн пӗтермелли хӗҫпӑшалсене усӑ курма чарасси ҫинчен панӑ сӗнӳсене хирӗҫ хӑйсен сӗнӗвӗсене кӑларса тӑраҫҫӗ. Вӗсен сӗнӗвӗсем Ачесон—Барух—Лилиенталь планӗ ҫинче никӗсленсе тӑраҫҫӗ. Ҫак план реальнӑй план пулса тӑрать тата атомлӑ хӗҫпӑшалпа усӑ курассине чарма, атомлӑ хӗҫпӑшалпа усӑ курма чарнине мӗнле пурнӑҫласа пынине тӗрӗслесе тӑма пӗтӗм тӗнчери контроль туса хурасси ҫинчен тӑракан задачӑна пурнӑҫа кӗртме май парать, тесе ҫав державӑсем халиччен ӗнентерме тӑрӑшаҫҫӗ. Анчах, тӗрӗссипе илсен, ҫак план атомлӑ хӗҫпӑшалпа усӑ курассине чӑннипех чарса лартассишӗн, чӑннипех пӗтӗм тӗнчери контроль туса хурассишӗн кӑларса тӑратнӑ требованисемпе нихҫан та ҫыхӑнса тӑман, халӗ те ҫыхӑнса тӑмасть. Совет Союзӗ ҫакна мар, ытти чылай ҫӗршывсен делегацийӗсем те ҫак плана хирӗҫ тӑнӑ.

Ачесон—Барух — Лилиенталь планӗ, ӑна йышӑнас пулсан, Пӗрлешӳллӗ Штатсене малашне те атомлӑ бомбӑсем туса хатӗрлеме, атомлӑ бомбӑсемпе васкаса хӗҫпӑшалланассине пурнӑҫласа пыма нимӗн чухлӗ те чӑрмантармасть. Ҫак факта ҫирӗплетсе парас тесе, СССР представителӗ малалла Америкӑри тата Англири паллӑ ученӑйсем—атомлӑ бомба енӗпе ӗҫлекенсем, США-па Англири обществӑлла тата политикӑлла деятельсем каланине, ҫавӑн пекех Америкӑпа Англири хаҫатсемпе журналсенче ҫырнисене илсе кӑтартнӑ. Ҫак план ҫине таянса, Америка монополийӗсем пӗтӗм тӗнчери атом хуҫалӑхне хӑйсен аллине ҫавӑрса илме, кирек хӑш ҫӗршывӑн халӑх хуҫалӑхне те пӗр вырӑнта тытса тӑма, кирек мӗнле ҫӗршыва та атомлӑ энерпипе кирлӗ промышленноҫра усӑ курма чарма пултарӗччӗҫ.

Ку планӑн ҫарпа стратеги тӗлӗшӗнчи тупсӑмӗ, тенӗ А. Я. Вышинский, ӑна ҫак плана хутӗлекенсем темӗн пек пытарма тӑрӑшнӑ пулин те, питех те паллӑ. «Барух планӗ» халиччӗнех хӗвеланӑҫӗнчи виҫӗ державӑн атомлӑ хӗҫпӑшал ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса парасси ҫинчен тунӑ проектсен никӗсӗ пулса тӑрать. Ҫак планӑн чӑн-чӑн тӗллевӗсене тахҫанах тӑрӑ шыв ҫине кӑларнӑ ӗнтӗ. Вӑл планӑн тӗллевӗ ҫакӑн пек: атомлӑ хӗҫпӑшалпа усӑ курма чармалла мар, пӗтӗм тӗнчери контроль органӗ текенскерӗпе усӑ курса, атомлӑ бомбӑсене нимӗн чӑрмавсӑр туса хатӗрлемелле. Пӗтӗм тӗнчери контроль органӗ текенскер, чӑннипе илсен, кирли аппарат пулса тӑнӑ пулӗччӗ. Вӑл пӗтӗм тӗнчери контрольпе нимӗн енчен те ҫыхӑнса тӑмасть.

А. Я. Вышинский конкретлӑ фактсемпе ҫакна кӑтартса панӑ: аслӑ державӑсен ҫулталлӑк хушшинче хӑйсен хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен виҫӗ пайӗнчен пӗр пайне чакармалли ҫинчен, мӗнпур государствӑсен хӗҫпӑшалӗсене чакарассине пурнӑҫлас шутпа кӗске вӑхӑтра пӗтӗм тӗнчери конференци пухмалли ҫинчен, ҫавӑн пекех ют ҫӗршывсен территорийӗсем ҫинчи ҫар базисене пӗтересси ҫинчен Совет делегацийӗ панӑ сӗнӳсене Генеральнӑй Ассамблея йышӑнни тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне сирсе ярас тата тӗнчери ҫыхӑнусенчи йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатас ҫӗрте пысӑк ӗҫ тунӑ пулӗччӗ. СССР представителӗ ҫакна кӑтартса панӑ: виҫӗ держава (США, Англи тата Франци) хӗҫпӑшалсене пӳлсе тӑрасси, тата пӗр пек чакарас текенскерӗ ҫинчен панӑ сӗнӳсенче хӗҫпӑшалсене пӗр шая ҫитиччен чакарма палӑртнӑ. Ҫак сӗнӳсемпе ниепле те килӗшме май ҫук, мӗншӗн тесен вӑл сӗнӳсем хӗҫпӑшалсене тата хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене чӑннипе чакарма та, ют ҫӗршывсенчи территорисем ҫинчи ҫар базисене пӗтерме те палӑртмаҫҫӗ.

СССР представителӗ малалла ҫапла каланӑ: миршӗн, халӑхсем хушшинче мирлӗ те туслӑ майпа пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлессишӗн, тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатассишӗн, тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑн хӑрушлӑхне сирсе ярассишӗн пыракан кӗрешӳре халӑхсем хушшинче курайманлӑх саракан пропагандӑна хирӗҫ кӗрешесси те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Ҫак пропаганда мире хирӗҫ, пӗтӗм тӗнчери халӑхсем пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлессине хирӗҫ пырать.

Халӑхсем хушшинче курайманлӑх сарас тата вӑрҫа хатӗрленес тӗллевпе туса пыракан чарусӑр пропаганда ҫавӑн «сивӗ вӑрҫӑн» пӗр пайӗ пулса тӑрать, тенӗ А. Я. Вышинский. Ку пропаганда Америкӑри хаҫатсемпе журналсенче пысӑк вырӑн йышӑнать, ҫак пропаганда енӗпе вӗсем мӗнпур рекордсенчен те иртсе кайнӑ. А. Я. Вышинский ҫакна кӑтартса панӑ: ҫак кампание Америкӑн паллӑ политикӑлла деятелӗсем Ноуленд сенатор, Маккарти тата ыттисем, США-н госдепартаменчӗ тата Америка конгресӗ хутшӑнаҫҫӗ.

Кун пек кампанийӗн преступниклӑ тӗллевӗсем паллӑ, тенӗ СССР представителӗ. Вӗсем Америкӑри тата Хӗвеланӑҫ Европӑри общественноҫӑн анлӑ сийӗсене тарӑхтараҫҫӗ. Ку пропаганда ҫынсен ӑстӑнне пӑсать, вӑл цивилизаци ӗҫӗшӗн, халӑхсем хушшинчи туслӑх ӗҫӗшӗн, мир ӗҫӗпе тӗнчери хӑрушсӑрлӑхшӑн сиенлӗ. Ҫак пропагандӑна хирӗҫ мӗнпур кирлӗ мерӑсене йышӑнас пулать. Совет Союзӗ Генеральнӑй Ассамблейӑна ҫапла тума чӗнсе калать, вӑл мӗнпур государствӑсене ҫавӑн пек пропагандӑна чарса лартма мерӑсем йышӑнма чӗнет. Вӑл пропаганда Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗн тӗп принципӗсемпе тата тӗллевӗсемпе килӗшсе тӑмасть.

## Совет Союзӗн „Храбрый" буксирӗн капитанӗ Е. И. Заншников пӗлтерни

«ХРАБРЫЙ» БУКСИР, ноябрӗн 20-мӗшӗ. Манӑн паллӑ пулнӑ тӑрӑх, ноябрӗн 17-мӗшӗнче Лондонри чылай хаҫатсенче пӗлтерни пичетленсе тухнӑ. Унта ҫапла ҫырнӑ: Совет Союзӗн эпӗ ертсе пыракан «Храбрый» ятлӑ буксирнӑй судни, Плимут портӗнче рейдра тӑнӑ чухне, ноябрӗн 12-мӗшӗнчи ҫӗрле Англин ҫар десанчӗн судни ҫинче путакан морякесене пулӑшу паман пулать, «Храбрый» буксир путакан морякесене прожекторпа ҫутатнӑ, анчах вӗсене ҫӑлма нимӗн антарман пулать.

Ҫавна май эпӗ ҫапла пӗлтерме кирлӗ тесе шутлатӑп: Англири хаҫатсем сарнӑ ҫӳлте асӑннӑ хыпар шухӑшласа кӑларнӑ хыпар пулса тӑрать. Вӑл Англипе совет морякӗсем хушшинче хирӗҫӳ кӑларас тӗллев тытать пулмалла.

Тӗрӗссипе илсен ӗҫ ҫапла пулнӑ: Плимут портӗнче рейдра тӑракан «Храбрый» буксир патне ноябрӗн 12-мӗшӗнчи ҫӗрле Англин тинӗс флотӗн офицерӗ ларнӑ кимӗ ивӗ хутчен пырса кайнӑ. Офицер судно капитанӗн помощникне рейдра ултӑ матрос ларакан кимӗ ӳпӗнсе кайни ҫинчен пӗлтернӗ, путакан матроссенчен кама та пулин буксир ҫине илмен-и тесе ыйтнӑ.

Англи офицерне ҫапла пӗлтернӗ: «Храбрый» буксирӑн вахта служби нимӗнле путакан кимме те, путакан ҫынсене те курман. «Храбрый» тӑнӑ района прожекторсемпе ҫутатса пӑхнӑ хыҫҫӑн нимӗн те палӑрман, пулӑшу пама чӗнсе кашкӑрнӑ нимӗнле сасӑ та пулман.

Паллӑ ӗнтӗ, совет морякӗсем инкек курабан суднасене яланах пулӑшаҫҫӗ. Хальхинче те, пулӑшу кирлӗ пулнӑ пулсан, «Храбрый» буксирӑн команди, паллах, ҫавӑн пек пулӑшу панӑ пулнӑ пулӗччӗ.

## Совет кӗнекисене юратса вулаҫҫӗ

ПЕКИН, ноябрӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Китайри ӗҫсыннисем совет писателӗсен произведенийӗсене питӗ юратса вулаҫҫӗ.

«Цзеньчжуньжибао» хаҫат Сурӗр-Хӗвеланӑҫ Китайри ӗҫсыннисемпе ҫамрӑксем совет кӗнекисемпе питӗ интересленни ҫинчен пӗлтернӗ. Совет авторӗсен произведенийӗсем, тесе ҫырать хаҫат, халӑх массисене воспитани парас ӗҫре, уйрӑммӑнах ҫамрӑк ӑрӑва тӑван ҫӗршыва парӑнса тӑма, интернационализм майлӑ воспитани парас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ.

Юлашки ҫулсенче Сурӗр-Хӗвеланӑҫ Китайра совет писателӗсен ҫапла кӗнекисем—«Кавалер Золотой звезды», «Далеко от Москвы», «Счастье», «Жатва», «Дни и ночи» кӗнекесем, ҫавӑн пекех вырӑс классикӗсен—Пушкинӑн, Гоголӗн, Толстойӑн, Горькин произведенийӗсем аван саралнӑ. «Молодая Гвардия», «Как закалялась сталь», «Рядовой Александр Матросов», «Повесть о настоящем человеке», «Повесть о Зое и Шуре» кӗнекесем Китай ҫамрӑкӗсен юратнӑ кӗнекисем пулса тӑнӑ.

Кӑҫал ултӑ уйӑх хушшинче ҫӗнӗ Сианьре совет авторӗсен кӗнекисене 140 пин экземпляр ытла сутнӑ.

Ӗҫсыннисене совет писателӗсен творчествипе паллаштарас ӗҫре библиотекӑсемпе вулав ҫурчӗсем пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ.

### БОЛГАРИРЕ ЯЛХУҪАЛӐХ КАДРӖСЕМ ХАТӖРЛЕҪҪӖ

СОФИЯ, ноябрӗн 22-мӗшӗ. (ТАСС). Болгари халӑх правительстви ялхуҫалӑх кадрӗсем хатӗрлес ӗҫ ҫине тимлӗ пӑхать. Ҫӗршывра ялхуҫалӑх специалисчӗсем вӗрентсе хатӗрлекен пилӗк аслӑ шкул ӗҫлет. Вӗсем ялхуҫалӑхӗ валли ҫулсерен пиншер специалист вӗрентсе кӑлараҫҫӗ.

26 ялхуҫалӑх техникумӗнче ҫулсерен 2 пин ытла ҫамрӑк вӗренет. Юлашки ҫулсем хушшинче кӑна 1947 ҫултан пуҫласа, Болгарири ялхуҫалӑх техникумӗсенчен 5 пин ҫын вӗренсе тухнӑ.

Ҫак тапхӑр хушшинче ялхуҫалӑх шкулӗсемпе тӗрлӗрен курссенче 300 пин ҫын ытла хӑйсен квалификацине ӳстернӗ.

## Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗ умӗн

ВЕНА, ноябрӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Ноябрӗн 23-мӗшӗнче 28-мӗшӗ хушшинче Венӑра Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн сессийӗ пулать. Унта мӗнпур этемлӗхшӗн паллӑ вырӑн йышӑнса тӑракан ыйтусене сӳтсе яваҫҫӗ.

Ҫак кунсенче Венӑна ҫӗр чӑмӑрӗн мӗнпур кӗтесӗсенчен мире юратакан ҫынсем суйласа янӑ ҫынсем пыраҫҫӗ. Вӗсем кунта, сесси трибуни ҫинчен, мире сыхласа хӑварассишӗн тата тӗреклетессишӗн кӗрешме хатӗр пулни ҫинчен хӑйсен шухӑш-кӑмӑлне каласа парасшӑн.

Венӑри ӗҫсыннисем миршӗн кӗрешекен паллӑ ҫынсене хӗрӳллӗн саламлаҫҫӗ тата ӑнӑҫлӑ ӗҫлеме ырӑ сунаҫҫӗ.

Нумай предприятисенче сесси ячӗпе ӗҫсыннисен митингӗсемпе пухӑвӗсем пулса иртнӗ. Ун пек митингсемпе пухусем, сӑмахран, Зиммерингри газ заводӗнче, Винтерхафен портӗнче тата ытти предприятисенче пулнӑ.

Ҫак пухусемпе митингсенче Австрири ӗҫсыннисем тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатма, халӑха йышлӑн пӗтермелли хӗҫпӑшала чарса лартма, ют ҫӗршывсен территорийӗсем ҫинчи ҫар базисене пӗтерме тытӑнма требовани лартнӑ.

*Республика тулашӗнчи чӑвашсем хушшинче*

# ВӐТАМ ЭВЕРККЕЛТЕ

Похвистнево хулинчен ҫичӗ километрта сӑрт-ту айлӑмӗнче Вӑтам Эверккел ялӗ—«Новая жизнь» колхоз вырнаҫнӑ. Вӑл облаҫри пуян колхозсенчен пӗри. Ял ҫине пӑхсанах колхоз членӗсем тулли пурнӑҫпа пурӑннине курма пулать. Ял варринче акаципе ҫирӗк тата вӗрене йывӑҫҫисем хушшинче колхоз правленийӗн тимӗрпе витнӗ пысӑк ҫурчӗ ларать. Унтан инҫех те мар ялти клуб, магазин, больница, ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкул вырнаҫнӑ. Ял Совечӗн ҫурчӗ умӗнче пысӑк пьедестал ҫинче И. В. Сталин памятникӗ курӑнса тӑрать.

Инҫех те мар тырӑ кӗлечӗсем, шиферпа витнӗ тата электрификациленӗ выльӑх-чӗрлӗх фермисем Ял вӗҫӗнче пысӑк пӗве, электричество вӑйӗпе ӗҫлекен хӑма ҫурмалли завод, ҫу ҫапакан тата ҫӑм тавакан машинӑсем, арман тата тӗрлӗ мастерскойсем вырнаҫнӑ.

Кӑҫал «Новая жизнь» колхоз государствӑна тырӑ памалли обязательствӑна районти колхозсенчен чи малтан пурнӑҫларӗ.

Колхозра сӗрӗҫ культури ҫултан-ҫул ӳсет. Ялхуҫалӑхӗнчи малта пыракансен опычӗпе усӑ курса, кунта ҫулленех вӑйлӑ тырпул ҫитӗнтереҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл колхоза хуҫалӑхпа организаци тӗлӗшӗнчен пӗрмай тӗреклетсе ҫирӗплетме пулӑшать. Партин Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗн постановленийӗ колхозниксен пултарулӑхне пуҫарулӑхне ҫӗнӗ хӑватпа ӳстерчӗ. Артель членӗсем тырпул тухӑҫлӑхне, выльӑх-чӗрлӗх йышӗпе унӑн тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн ырми-канми кӗрешеҫҫӗ.

Колхоз пуянлӑхӗ ҫул ҫӗрте те курӑнать. Акӑ илемлӗ пӗве хӗрринче кайӑк-кӗшӗк ферми вырнаҫнӑ, унта ытти пин чӑх-чӗп шутланать. Ферма заведующийӗ, Н. Батарчук тата чӑх-чӗп пӑхакансем Мускав облаҫӗнчи «Серп и молот» колхозри чӑх-чӗп пӑхакансен пата опычӗпе аплӑн усӑ курма тӑрӑшаҫҫӗ. Ферма кӑҫал тӑхӑр уйӑх хушшинче кашни чӑхран 80-шар ҫӑмарта илнӗ.

Колхоз хуҫалӑхӗ тӗреклесе пынӑ май ҫынсен пурнӑҫӗ те лайӑхланса пырать. Юлашки икӗ ҫул хушшинче Вӑтам Эверккел ялӗнчи 51 хуҫалӑх ҫӗнӗ илемлӗ ҫуртсем лартнӑ. Кӑҫал ял ҫыннисем магазинран икӗ миллион тенкӗлӗх ытла тӗрлӗ таварсем туяннӑ. Ку вӑл, пӗлтӗрхипе танлаштарсан, икӗ хут ытларах пулать. Колхозниксем килӗсенче 75 радиоприемник, кунсӑр пуҫне патефонсемпе ҫӗвӗ ҫӗлемелли машинӑсем, мотоциклсемпе велосипедсем чылай. Ял ҫыннисем 537 экземпляр хаҫат-журнал ҫырӑнса илеҫҫӗ.

Колхоз членӗсем ӗҫкунӗсем тӑрӑх илекен тупӑш пысӑк. Сӑмахран, Б. Архипов, М. Елтуков, А. Ефремова колхозниксен ҫемйисем кӑҫал ҫӗршер пин тенкӗрӗ тата пиншер тенкӗ укҫа илеҫҫӗ. Кун пек ҫемьесем колхозра тата нумай.

Партипе правительство ялхуҫалӑхне малалла аталантарас тӗлӗшпе йышӑннӑ постановлени колхозӑн обществӑлла пурлӑхне уйрӑмах ӳстерме пулӑшать. Ялхуҫалӑх налогне тата ялхуҫалӑх продукчӗсем памалли нормӑсене чакарни, государство закуп шучӗпе илекен выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсемшӗн шултӑрах хак тӳлени ял ҫыннисен пурнӑҫне тата вӗсен культурӑлла шайне татӑклӑн ӳстерме пулӑшать. Халӗ колхозниксем выльӑх-чӗрлӗх туянаҫҫӗ. Колхоз правленийӗ артель членӗсене 25 пӑру сутнӑ.

Совет влаҫӗ ҫулӗсенче ял ҫын-ҫамӑкӗ тӗпренех улшӑнса ҫӗнелчӗ. Ял культура ҫулсеренех ӳсет. Ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкултан 400 ачана ытла хӑй вӗренет. Ялта агрономсемпе учительсем, врачсемпе инженерсем чылай. Вӑтам Эверккелти шкултан вӗренсе тухнӑ Г. Молюков — авиаконструктор, Г. Васильев Ленинградри заводра инженер пулса ӗҫлет.

Тӗлӗйлӗ те савӑнӑҫлӑ пурнӑҫ туса пама пулӑшнӑшӑн Эверккелсем партипе правительствӑна чун-чӗререн тав тӑваҫҫӗ. Колхоз производствинче тата хастарлӑрах ӗҫлеме тӑрӑшаҫҫӗ.

С. ДАНИЛОВ,
Н. РЯЗАНОВ.

Куйбышев облаҫӗ.

ӲКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: Вӑтам Эверккелти библиотекӑра «Новая жизнь» колхоз членӗ Л. Антонова юлташ (малта сулахайра) И. В. Сталин пурнӑҫӗпе ӗҫӗсем ҫинчен ҫырнӑ альбома пӑхать; библиотека заведующийӗ М. Янкулова (варринче) О. Ульянова колхозницӑна кӗнеке суйласа илме пулӑшать.

Н. ЛЕОНОВ фотоӳкерчӗкӗ.

## Медицина учрежденийӗсен шучӗ ӳсет

Республикӑри хуласемпе ялсенче медицина учрежденийӗсен шучӗ ҫултан-ҫул нумайланса пырать. Чӑваш АССР Сывлӑх министерствин главнӑй инженерӗ Сергеев юлташ пирӗн корреспондента ҫапла каласа панӑ:

Юлашки ҫулсенче республикӑра больницӑсемпе поликлиникӑсем, амбулаторисемпе ача ҫуратмалли ҫуртсем тата ытти медицина учрежденийӗсем ҫӗнӗрен тавассине анлӑ саралнӑ. Чылай районсенчи больницӑсенче тӗрлӗ чир-чӗртен сыватмалли уйрӑмсем уҫнӑ. Койкӑсен хисепне нумай ӳстернӗ. Тӗслӗхрен, кӑҫал октябрь уйӑхӗн вӗҫӗнче Комсомольски районӗнче вӑтӑр койка вырнаҫмалӑх больница ҫуртне туса пӗтернӗ. Тӑвай районӗнчи больницӑна чылай асӑнлатнӑ, ача ҫуратмалли уйрӑм тунӑ. Ҫак кунсенче кухня тата ытти пӳлӗмсене туса пӗтереҫҫӗ.

Вӑрмар районӗнчи больницӑн тӗп ҫуртне туса пӗтернӗ хыҫҫӑн икӗ хваттерлӗ пурӑнмалли ҫурт, кухня туса лартнӑ.

Кӑҫалхи октябрь уйӑхӗнче Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи Мӑн Улхаш ялӗнче ҫӗнӗ больница ҫурчӗ тума тытӑннӑ. Больницӑна 1954 ҫул пуҫламӑшӗнче ӗҫе яма палӑртнӑ.

Килес ҫулта та медицина учрежденийӗсем ҫӗнӗрен тума тата киввисене юсама, тӗрлӗ чир-чӗртен сыватмалли уйрӑмсем нумай тума палӑртнӑ. Муркаш, Красноармейски районӗсенче ача ҫуратмалли ҫуртсем, Чурачӑк районӗнчи больница ҫумӗнче инфекци уйрӑмӗ тума тытӑнмалла. Шупашкарта ача ҫуратмалли ҫурт тума пуҫлаҫҫӗ. Унта 60 койка пулать. Ӑна тума икӗ миллион тенкӗ ытла уйӑрнӑ. Ҫавӑн пекех Канаш хулинче ача ҫурчӗ тума тытӑнаҫҫӗ.

Кунсӑр пуҫне республикӑри ытти министерствӑсемпе ведомствӑсем енӗпе те медицина учрежденийӗсем чылай тӑваҫҫӗ. Шупашкарти электроаппаратура заводӗнче, Сӗнтӗрвӑрри сӗтел-пукан комбиначӗ ҫумӗнче больницӑсем, пир-авӑр комбиначӗ ҫумӗнче ача яслине ача-пӑча сачӗ пулать.

## Тӗрӗслеме янӑ ҫырусем тӑрӑх

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине Вӑрмар районӗнчи Энтриалӗнчен ялти клуб япӑх ӗҫлени ҫинчен ҫыру килнӗччӗ. Ҫырӑва редакци район Совет исполкомӗн культура пайне янӑччӗ.

Культура пайӗ ҫырура асӑннисем вырӑнта кайса тӗрӗслени: ҫырура ҫитменлӗхсене пӗтӗмпех тӗрӗс кӑтартса пани ҫине шаннӑ ӗҫ ҫине сиенлӗ пӑхнишӑн ялти клуб заведующийӗ Николаева выговор панӑ, клуб ӗҫне тӗпренех лайӑхлатма мерӑсем йышӑнни ҫинчен пӗлтерчӗ.

• • •

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине Первомайски районӗнчи Шурут ялӗнчи вулав ҫурчӗ япӑх ӗҫлени, ункӑн заведующийӗ В. Лаврентьев ӗҫе пӑрахса ӗҫсе ҫӳрени ҫинчен ҫыру килнӗччӗ. Ҫырӑва редакци КПСС Первомайски райкомне тӗрӗслеме янӑччӗ.

КПСС Первомайски райкомӗ ҫырура кӑтартнӑ фактсем тӗрӗс пулни ҫинчен пӗлтерчӗ. Лаврентьева ятран ӗҫрен кӑларнӑ хушнӑ.

## Пӗлтерни

Ноябрӗн 24-мӗшӗнче, 19 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотеки ҫуртӗнче парти историйӗ [illegible] лекци пулать. Темӑ: [illegible] «Мӗн тумалла?» [illegible] кӗнеке Марксистла партин идеологийӗ [illegible]

Лектор—Е. Е. Варданов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.

Редактор заместителӗ
М. Н. АНИМОВ.

**ТЕАТР**

«ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ» — ноябрӗн 24-мӗшӗнче, чӑвашла спектакль «Айдар».

Спектакль 19 сехет те 30 минутра пуҫланать.

**КИНО**

«УДАРНИК»—ноябрӗн 24-мӗшӗнче ҫӗнӗ илемлӗ фильм «Серебристая пыль».

Сеансем пуҫланаҫҫӗ: 16 сехет 15 минутра, 18 с. 15 м., 20 с. 15 м., тата 22 с. 15 м.

«ЭЛЕКТРИК» КЛУБРА—ноябрӗн 24-мӗшӗнче ҫӗнӗ илемлӗ фильм «Серебристая пыль».

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 6, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-28, секретариат—3-51, промышленность пайӗ—3-74, информаци пайӗ—15-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-69, обзорсен пайӗ—6-54, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-81, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 09652 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2786. Тираж 20.000 экз.